ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 20 ытларикун № 205 (9114) Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн XIII-мĕш пленумĕ (1 стр.).
Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăрту (1 стр.).
ВЦСПС Президиумĕнче (1 стр.).
ПАРТИ ПУРНĂÇĔ: В. Веселов.—Коммунистсен вĕренӳри активлăхĕ (2 стр).
СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ. Г. Русанов.—Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа (2 стр.).
ЧĂВАШ ХАЛĂХ ИСТОРИЙĔНЧЕН. И. Петров.—Октябрьти революци умĕнхи тапхăрта капиталистла монополисем чăваш халăхне мĕнле пусмăрланă (2 стр).
Колхозсемпе совхозсенче сĕт тухăçлăхне ӳстерессишĕн социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем (3 стр.).
Дояркăсен ăмăртăвĕ (3 стр.).
В. Игнатьев, И. Мешков.—Тăрăшуллă пахчаçăсем (3 стр.).
В. Стефинов.—Вăрманти колхозра (3 стр.).
К. Иванов, Н. Элле.—Чăваш театрĕ çĕнĕ сезонра (3 стр.).
Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ (4 стр.).
Совет çар карапĕсем Констанца портне пырса çитнĕ (4 стр.).

# ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн XIII-мĕш пленумĕ

Çак кунсенче ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн черетлĕ XIII-мĕш пленумĕ пулса иртнĕ. Пленум çак ыйтусене сӳтсе явнă: КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени тата комсомол организацийĕсен задачисем: ВЛКСМ-ăн черетлĕ XII-мĕш съездне пухасси çинчен.

Сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ тивĕçлĕ постановленисем йышăннă.

* * *

Кун йĕркинче тăракан пĕрремĕш ыйту тăрăх ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ А. Н. Шелепин юлташ доклад тунă. Докладчик тата пленумра пулнисем хăйсен сăмахĕсенче партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн пысăк пĕлтерĕшне палăртнă. Çав Пленум социализмла ялхуçалăхне малалла хăватлăн çĕклентермелли аслă программа палăртса пачĕ. Комсомолецсемпе çамрăксем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленине пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырласа йышăннă.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ йышăннă постановленире çакна кăтартса панă: комсомолăн ертсе пыракан органĕсем, комсомолăн нумай пуçламăш организацийĕсем юлашки вăхăтра колхозсен, МТС-сен, совхозсен хуçалăх ĕçĕсене хутшăнас ыйтусем тĕлĕшпе хăйсен тимлĕхне вăйсăрлатнă, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çителĕксĕр хутшăнаççĕ, çĕрулми тата пахча çимĕç туса илессине ӳстерессишĕн начар кĕрешеççĕ, çак культурăсене туса илес ĕçри малта пыракан меслетсене ĕçе кĕртессине пуçарса пымаççĕ; комсомол райкомĕсем, обкомĕсем, крайкомĕсем, комсомолăн союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсем комсомол организацийĕсене çĕрĕçĕн пысăк культуришĕн, тырпул, техникăлла культурăсемпе çу кăлармалли культурăсен тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн кĕрешме начар ертсе пыраççĕ. МТС-семпе совхозсенчи комсомол организацийĕсем нумайăшĕ ялхуçалăх машинисемпе пысăк тухăçлă усă курассишĕн кĕрешмеççĕ.

Колхозсенчи, МТС-сенчи, совхозсенчи комсомол организацийĕсем тата комсомолăн ертсе пыракан органĕсем ялхуçалăх пропаганди енĕпе начар ĕçлеççĕ, ялти çамрăксен агротехникăлла пĕлĕвне ӳстерессишĕн, малта пыракан колхозсен, МТС-сен, совхозсен тата ялхуçалăх новаторĕсен çĕнĕ ĕç меслечĕсене производствăна кĕртсе пырассишĕн, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене вăйлатас тĕлĕшпе ялти çамрăксене социализмла ăмăртăва хутшăнтарассишĕн сахал тăрăшаççĕ.

Пленум комсомол организацийĕсен пысăк задачи вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантарма палăртнă программăна пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме комсомолецсене, пĕтĕм çамрăксене активлăн хутшăнтарасси пулать, тесе йышăннă. Комсомол организацийĕсен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатас, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес, МТС-сен ĕçне лайăхлатас ыйтусем тăрăх йышăннă постановленисене комсомолецсемпе çамрăксене анлăн ăнлантарса парассине организацилемелле. Кашни комсомол организацийĕн КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçлас ĕçе хутшăнма конкретлă план туса хатĕрлемелле.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ колхозсемпе совхозсенчи комсомол организацийĕсене, комсомол райкомĕсене, обкомĕсене, крайкомĕсене, комсомолăн союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсене парти организацийĕсемпе килĕштерсе, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре ĕçлеме 1953 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕччен комсомолецсене суйласа илме хушнă. Ялти комсомолецсемпе çамрăксене кашни колхозра тата совхозра çирĕп апат никĕсĕ туса хурас ĕçе активлăн хутшăнмалла туни кирлĕ, мĕншĕн тесен выльăх апачĕн çирĕп никĕсĕ обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатма кирлĕ паха услови пулса тăрать. Колхозсенчи, МТС-сенчи тата совхозсенчи комсомол организацийĕсен выльăх апачĕ валли кирлĕ культурăсем акмалли çĕр лаптăкне ӳстерме пур майсемпе те пулăшас пулать, нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксен, силос тума акакан кукурузăпа хĕвелçаврăнăш, выльăх апачĕ тума акакан тырпул, тымарçимĕç, бахча культурисен тухăçлăхне чылай ӳстерме тăрăшмалла, силос хывас ĕç çине тимлĕрех пăхмалла. Комсомол организацийĕсен çывăх вăхăтри задачи вăл выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленес тата хĕл каçарас ĕçсене активлă хутшăнасси пулать.

Комсомол организацийĕсене çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçе вăйлатассишĕн тăрăшма хушнă. Çĕрулмипе пахча çимĕçсене тăваткăл тĕмĕн лартмалли меслете çине тăрса тата татăклăн ĕçе кĕртсе пыни кирлĕ, çĕрулми лартакан тата пахча çимĕç калчисем лартакан машинăсем çинче ĕçлеме кирлĕ чухлĕ кадрсем суйласа илсе вĕрентес ĕçе хутшăнмалла. Колхозсемпе совхозсенчи комсомол организацийĕсем комсомолецсемпе çамрăксен вăйĕпе торфпа çĕрĕк тăпринчен чӳлмексем массăллăн туса хатĕрлес ĕçе организацилеме тивĕçлĕ. Ир çитĕнекен пахча çимĕçсем туса илме парниксемпе теплицăсем тăвас ĕçе хутшăнни кирлĕ.

Колхозсенчи, МТС-сенчи, совхозсенчи комсомол организацийĕсен тырпул, техникăлла культурăсемпе çу кăлармалли культурăсен тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн кĕрешĕве вăйлатмалла.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ МТС-семпе совхозсенчи комсомол организацийĕсене машина-трактор паркĕпе усă курассине лайăхлатас, кашни машинăн тухăçлăхне ӳстерес, мĕнпур ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа иртерес ĕçсенче парти организацийĕсене, МТС-семпе совхозсен директорĕсене активлăрах пулăшма хушнă. Комсомол райкомĕсен, хула комитечĕсен, обкомĕсен, крайкомĕсен, комсомолăн союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсен МТС-сенче ялан ĕçлекен механизаторсен кадрĕсене хатĕрлес ĕçе тӳрех хутшăнмалла, машина-трактор станцийĕсенче ĕçлеме пулнă çамрăксене ĕçе каялла таврăнма пулăшмалла, çамрăксене механизаци шкулĕсемпе училищисенче вĕренме суйласа илес ĕçе активлăн хутшăнмалла.

Комсомол организацийĕсем колхозсенче ĕçлеме 100 пин агроном тата зоотехник суйласа илес ĕçе активлăн хутшăнма тивĕç. Комсомол райкомĕсен, МТС-сенчи, колхозсенчи тата совхозсенчи комсомол организацийĕсен ялхуçалăхĕнчи çамрăк специалистсем хушшинчи ĕçе лайăхлатас пулать, вĕсене ĕçе вырнаçма, вĕсене комсомол организацийĕсен активлă ĕçне хутшăнтарма тăрăшас пулать.

Комсомол организацийĕсен агрозоотехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курссен ĕçне хутшăнмалла, курссене ялти çамрăксемпе комсомолецсен анлă массисене хутшăнтармалла; çамрăксене ялхуçалăх производствин мастерĕсемпе тĕл пулас ĕçе организацилемелле, колхоз производствинчи çамрăк новаторсен канашлăвĕсене, конференцийĕсене, слечĕсене иртермелле, çамрăксене малта пыракан колхозсене, МТС-сене, совхозсене, опытлă хуçалăхсене экскурсие илсе каймалла.

Колхозсенчи, МТС-сенчи, совхозсенчи комсомол организацийĕсене, комсомол райкомĕсене, обкомĕсене, крайкомĕсене, комсомолăн союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсене ялхуçалăхне малалла аталантармалли задачăсене пурнăçлассишĕн колхозниксен, МТС-семпе совхозсен работникĕсен социализмла ăмăртăвне ялти мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене хутшăнтарма хушнă.

Колхозсенчи комсомол организацийĕсен ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕппĕн тытса пырассишĕн пыракан кĕрешӳре, ĕçе организацилессине лайăхлатас тата ĕç дисциплинине хăпартас ĕçре колхозсенчи парти организацийĕсемпе правленийĕсене ытларах пулăшу пани кирлĕ, обществăлла çĕрпе колхоз пурлăхне саплатса пĕтерние хирĕç, хуçасăрлăха хирĕç татăклăн кĕрешмелле.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ çакна паллă тунă: КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленине ăнăçлăн пурнăçа кĕртессишĕн пыракан кĕрешĕве мĕнпур комсомол организацийĕсен активлă хутшăнмалла. Çакна май пленум машиностроени, хими, металлурги, вăрман, вырăнти тата кооперация промышленноçĕн, строительство материалĕсем тăвакан промышленноçĕн, чугун çул, тинĕс, юханшыв, автомобиль транспорчĕн предприятийĕсенчи ВЛКСМ организацийĕсем умне тивĕçлĕ задачăсем кăларса тăратнă.

Пленум комсомол организацийĕсене çамрăксем хушшинчи массăлла-политикăлла ĕçе пур майсемпе те лайăхлатма, вĕсен пĕтĕмĕшле пĕлĕвне ӳстерессишĕн тăрăшма хушнă.

Пленум колхозсенчи, МТС-сенчи, совхозсенчи комсомолăн пуçламăш организацийĕсене организаци тĕлĕшĕнчен тĕреклетмелли, вĕсене комсомол райкомĕсем, обкомĕсем, крайкомĕсем, комсомолăн союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсем енчен ертсе пырассине лайăхлатмалли задачăсем палăртса хунă.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕн постановленийĕнче çакна паллă тунă: хальхи условисенче мĕнпур комсомол работникĕсем ялхуçалăх производствине, колхозсен, МТС-сен, совхозсен ĕçне пĕлни кирлĕ. Комсомол работникĕсен ялхуçалăх наукин никĕсĕсене, малта пыракан опыта çине тăрса вĕренмелле, çак опыта ялхуçалăх производствине пур майсемпе те кĕртсе пымалла.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне çапла шантарса каланă: комсомолецсем, мĕнпур совет çамрăкĕсем ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли задачăсене пурнăçлассишĕн, совет халăхĕн пурнăçне пĕрмай лайăхлатса пырассишĕн кĕрешес тĕлĕшпе пуçарулă пулĕç, ку тĕлĕшпе вĕсем хăйсен вăйĕсене, хăватне, ĕçне шеллесе тămĕç.

* * *

ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн пленумĕ Пĕтĕм Союзри Ленинла Коммунистла Çамрăксен Союзĕн черетлĕ XII-мĕш съездне 1954 çулхи февраль уйăхĕнче пухма йышăннă. Съездăн кун йĕркине çакăн пек çирĕплетнĕ: ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ; ВЛКСМ Центральнăй ревизи комиссийĕн отчетлă докладĕ; В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕн ĕçĕсем çинчен; ВЛКСМ Уставĕнчи улшăнусем; ВЛКСМ-ăн центральнăй органĕсен суйлавĕ.

# Хĕллехи спорт сезонне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илер

Хĕл—физкультурăпа спорт ăмăртăвĕсене ĕçсыннисене массăллăн хутшăнтармалли лайăх вăхăт. Йĕлтĕрпе коньки спорчĕсем сывлăха тĕреклетеççĕ, чăтăмлă пулма, йывăрлăхсене çĕнтерсе тĕллев патне çитессишĕн хăюллăн кĕрешме хăнăхтараççĕ. Çавăнпа йĕлтĕрçĕсен массăллă кроссĕсене, походсене, конькипе хăвăрт чупакансен, тĕрлĕ фигурăсем туса ярăнакансен, трамплин çинчен сикекенсен, хоккеистсен, йĕлтĕрпе слалом меслечĕпе ярăнакансен тата ытти нумай тĕрлĕ ăмăртусене пиншер çамрăк хутшăнать.

Иртнĕ хĕллехи спорт сезонĕн итогĕсем çакна кăтартса параççĕ: хĕллехи спорт сезонне малтанах лайăх хатĕрленнĕ çĕрте спорт ăмăртăвĕсем ĕçсыннисене массăллăн хутшăнтарнипе пулса иртеççĕ. Вĕсенче спорт енĕпе тунă ӳсĕмсем те пысăкрах пулаççĕ. Халиччен рекордсене лайăхлатаççĕ, çĕнĕ рекордсем тăваççĕ. Ăмăртусене çамрăксене йышлăн хутшăнтарни çĕнĕ рекордсем тума тата ăста спортсменсене палăртма май парать.

Анчах хĕллехи спорт сезонне хатĕрленесси республикăра тивĕçлипе пулса пымасть-ха. Çак кирлĕ ĕçе физкультурăпа спортăн чылай коллективĕсенче халиччен те тивĕçлипе тытăнман. Иртнĕ хĕлле катоксене вăхăтра хатĕрлесе çитермен, спорт хатĕрĕсем çителĕклĕ тата юсавлă пулман пирки ăмăртусем палăртнă вăхăтра, тивĕçлĕ вырăнта иртменни вĕсене пăшăрхантармасть пулас.

Пĕлтĕрхи хĕллехи спорт сезонĕнче конькипе тата йĕлтĕрпе чупас енĕпе халиччен хăшпĕр рекордсене лайăхлатса çĕнетнĕ. Анчах чылай рекордсем нумай вăхăт пĕр улшăнмасăр тăраççĕ. Республикăшăн рекорд шутланакан ӳсĕмсем те Пĕтĕм Союзри спорт классификацийĕн иккĕмĕш е виççĕмĕш разрячĕсенчен иртеймеççĕ. Республикăра пулса иртекен ăмăртусенче «Красная звезда», «Урожай», «Пищевик», «Труд» спорт обществисен спортсменĕсем, Вăрнар, Калинино, Кувакино тата ытти хăшпĕр районсенчен килнĕ спортсменсем питех те начар тĕслĕх кăтартаççĕ. Вĕсем йĕлтĕрпе ярăнмалли, сăрт-туллă вырăнсенче йĕлтĕрпе сӳремелли, конькипе чупмалли, трамплин çинчен сикмелли е слалом меслечĕпе ярăнмалли техникăна лайăх пĕлмеççĕ. Çакă вăл пирĕн спортсменсем хăйсен техникăлла пултарулăхне, ăсталăхне ӳстерес тĕлĕшпе тăтăшах тата çине тăрса ĕçлеменнинчен килет. Вĕсем спорт техникине вĕренмеççĕ, кулленех тренировкăсем тумаççĕ.

Çак ĕç «Спартак», «Динамо», «Искра», «Энергия», «Буревестник» спорт обществисенче те тивĕçлипе пулса пымасть. Çавна пула пирĕн республика спортсменĕсем йĕлтĕрçĕсен, уйрăмах конькипе чупакансемпе хоккеистсен Пĕтĕм Союзра е Россия Федерацийĕнче мала тухассишĕн иртерекен ăмăртусенче чи кайри вырăнсене йышăнаççĕ.

Спорт ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем тăвас тесен, спортсменсем хушшинче вĕрентӳпе тренировка ĕçне тĕпренех вăйлатни кирлĕ. Пирĕн спортсменсен ăсталăха ӳстермелле. Çавна тăвас тесен вĕсемпе куллен тата тăтăшах ĕçлемелле. Йĕлтĕрçĕсем, конькипе чупакансем, хоккеистсем хĕл пуличчченех тренировкăсем тума пултарччăр. Çăмăл атлетсем, велосипедистсем, футболистсемпе волейболистсем тата ыттисем те хĕлле те ĕçлетчĕр, хăйсен техникăлла пĕлĕвне ӳстерччĕр. Çакна тума физкультура коллективĕсем çумĕнчи тĕрлĕ секцисен, спорт залĕсен, тренерсен ĕçне лайăхлатмалла. Ăста спортсменсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе вĕсен ответлăхне ӳстермелле.

Халĕ, хĕллехи спорт сезонне хатĕрленнĕ май, спорт мероприятийĕсен календарьне тĕплĕн шухăшласа туни пысăк вырăн йышăнать. Вĕсенче кашни тренер ĕçта, камсемпе ĕçлемеллине палăртса хумалла. Хулари квалификациллĕ ăста спортсмен-разрядниксен ялсенчи коллективсене пулăшасине йĕркелени спорт енĕпе паха çитĕнӳсем тума пулăшать. Çавăнпа çак ĕçе халех пуçарса куллен вăйлатса пымалла. Хĕллехи спорт мероприятийĕсен календарĕнче кашниң ăмăртăва ăçта, хăш вырăнта иртермеллине тĕплĕн палăртасси, спорт хатĕрĕ çителĕклĕ хатĕрлесси паян тумалли ĕç. Çак ĕçе ниепле те ырана хăварма юрамасть.

Пирĕн республикăра сăрт-туллă вырăнсем темĕн чухлех. Апла пулин те йĕлтĕрçĕсем çавăн пек вырăнсемпе хăвăрт ӳсрес тĕлĕшпе начар тĕслĕх кăтартаççĕ. Çитес хĕлле çак спорта чылай вăйлатни кирлĕ. Пирĕн спортсменсен вырăнти лайăх условисемпе анлăнрах усă курма тăрăшмалла. Май пур çĕрте кашни район центрĕнче, колхозлă ялта, МТС е предприяти, шкулсем çумĕнче катоксем, йĕлтĕр базисем, хоккейла вылямалли площадкăсем тумалла.

Ĕçсыннисене ГТО тата ачасене БГТО значокĕн нормисене партарни вĕсене физкультурăпа спорт ĕçне массăллăн хутшăнтарма май парать. Çак значока халĕ пирĕн республикăри пиншер çын çаксa çӳрет. Пĕлтĕр республикăра ГТО тата БГТО значок нормисене 20.432 çын панă пулсан, кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче 11.600 çын панă. Çакă вăл ĕçсыннисем физкультурăпа спорта юратнине ӳссăн кăтартса парать. Анчах значкистсем, спортсмен-разрядниксем хатĕрлес ĕç республикăра çителĕксĕр пулса пырать-ха. Советски, Тăвай, Шăхасан районĕсем кăçал пĕр значкист та хатĕрлеймен. Шăмăршă, Етĕрне, Калинино, Комсомольски, Первомайски районĕсем значкистсем хатĕрлемелли задание тултарайман. «Буревестник», «Труд», «Шахтер» тата «Пищевик» спорт обществисем те ку тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Ăста спортсменсем вĕрентсе ӳстерес майпа халĕ ГТО значокне илмелли çĕнĕ комплекс проектне туса хатĕрленĕ. Çак кунсенче физкультура коллективĕсенче çав комплекс проектне сӳтсе яваççĕ. Хĕллехи спорт сезонне хатĕрленнĕ май ГТО значокĕн нормисене парас ĕçе ĕçсыннисен анлă массине хутшăнтармалла. Çавна тума кашни каток, йĕлтĕр базисенче спорт инвентарĕ çителĕклĕ пулмалла, обществăлла инструкторсен куллен ĕçлемелле.

Çакна палăртмалла, республикăра пулса иртекен хăшпĕр ăмăртусенче спортсменсем сахал пулаççĕ. Ăмăртăва пачах хутшăнман районсем те пур. Çак çитменлĕхсене пĕтерес майпа хĕллехи сезонта кашни спорт ăмăртăвне ĕçсыннисене массăллăн хутшăнтармалла.

Хĕллехи спорт сезонне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илесси тата ăна ăнăçлăн иртересси суту-илӳ организацийĕсем, промышленность предприятийĕсемпе промысла артелĕсем физкультура коллективĕсене спорт инвентарĕ вăхăтра тата кирлĕ чухлĕ панинчен нумай килет. Кашни хулара, районсенчи магазинсенче спорт хатĕрĕсем—йĕлтĕрсем, конькисем, йĕлтĕр туйисем, костюмсем тата ыттисем те çителĕклĕ пулмалла. Халлĕхе ку тĕлĕшпе республикăра çитменлĕхсем пур-ха. Вырăнти предприятисенче туса кăларакан йĕлтĕрсем, йĕлтĕр туйисем начар. Магазинсенче пур тĕрлĕ спорт хатĕрĕсене те тупса илме çук.

Хĕллехи вăхăтра йĕлтĕрçĕсемпе конькипе чупакансем çинчен çеç мар ытти спортсменсене те асра тытмалла. Çамрăксем гимнастика, бокс, штанга çĕклес енĕпе ĕçлеме чарăнмаççĕ. Вĕсем кулленех тренировкăсем тумалла. Шашкăпа шахмат ăмăртăвĕсем иртерес ĕç те анлăн пулса пымалла. Çавăнпа спорт залĕсене йĕркелĕ ĕçлеттермелле.

Хĕллехи спорт сезонне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илес тата ăна ăнăçлăн иртерес ĕçре физкультурăпа спорт коллективĕсене партипе совет, профсоюзпа комсомол организацийĕсен куллен пулăшса ертсе пымалла. Вĕсен физкультурăпа спорт ĕçне предприятисемпе колхозсенче, МТС-семпе вĕренӳ заведенийĕсенче анлăн туса пырассишĕн кĕрешмелле.

# ВЦСПС Президиумĕнче

### Профсоюз членĕсен кашни уйăхра тӳлемелли член укçи çинчен

ВЦСПС Президиумĕ профсоюз членĕсен кашни уйăхра тӳлемелли член укçи çинчен постановлени йышăннă. Постановленире çапла каланă: рабочисемпе служащисен материальнăй пурнăçĕ лайăхланни, совет укçи хаклăланни, профсоюзсем финанс тĕлĕшĕнчен тĕрекленни профсоюз членĕсем тӳлекен член укçин пысăкăшне чакарма май пачĕç. Çакна шута илсе, ВЦСПС Президиумĕ 1953 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа профсоюз членĕсенчен кашни уйăхра çакăн чухлĕ член укçи илмелле тунă: ĕçлесе илекен укça (стипенди) уйăхне 500 тенкĕ таран пулсан, кашни тулли 100 тенкĕшĕн 50 пус; 501 тенкĕрен пуçласа 600 тенкĕ таран илекенсем—4 тенкĕ; 601 тенкĕрен пуçласа 700 тенкĕ таран илекенсем—5 тенкĕ; 700 тенкĕрен ытла илекенсем—1 процент тӳлеççĕ.

Фабрикăпа завод комитечĕсемпе вырăнти комитетсене профсоюзсен мĕнпур членĕсене член укçи тӳлемелли çĕнĕ йĕркепе кĕске срокра пăлхаштарма сĕннĕ.

Профсоюз органĕсен руководителĕсен профсоюз укçине тирпейлĕ тыткаламалла, администрацине хуçалăх расхочĕсене, профсоюз органĕсен штачĕсене чакармалла, профсоюзсен ĕçĕнче профсоюз членĕсен ӳсĕ активлăхĕпе тата пуçарулăхĕпе анлăрах усă курмалла. Профсоюз организацийĕсен малашне те укçа-тенкĕне культурăлла-массăлла ĕçсем иртерме, физкультурăпа спорт ĕçне аталантарма, профсоюзсен членĕсене пулăшу пама ытларах усă курмалла.

ВЦСПС Президиумĕ профсоюз организацийĕсене массăлла ĕçсемпе воспитани ĕçне тата ăнлантару ĕçне вăйлатма, мĕнпур рабочисемпе служащисене профсоюз членне илмелле тума хушнă. (ТАСС).

# ОКТЯБРЬ УЯВĔ УМĔНХИ ĂМĂРТУ

## Планран иртерсе—продукци

ÇĔМĔРЛЕ. Экстракт тăвакан «Большевик» завод продукци туса кăлармалли тăхăр уйăхри плана иртерсе тултарчĕ. Пĕлтĕрхи тăхăр уйăхрипе танлаштарсан, 18 процент ытларах экстракт туса кăларнă. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана иртерсе тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакĕ 2,6 процент чакнă.

Завод коллективĕ, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленипе хавхаланса тата аслă уява ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илес тесе, тата тухăçлăрах ĕçлеме сăмах пачĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем, служащисем çак уйăхри производство планне 105 процентран кая мар тултарассишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, тăватă процентран кая мар йӳнетессишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, хĕле лайăх хатĕрленсе çитессишĕн, икĕ пурăнмалли çурт çак кунсенче туса пĕтерессишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

Завод коллективĕ производствăпа финанс планне пур кăтартусем тăрăх та ăнăçлă тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, чĕртавар перекетлессишĕн кĕрешет.

Производство планне ăнăçлă тултарса пынă вăхăтрах, завод хĕле хатĕрленес, строительство ĕçĕсем тăвас тĕлĕшпе те паха тĕслĕхсем кăтартать.

Коллектив панă сăмаха чыслăн пурнăçласа пырать. Ку вăл завод талăкри плана тăтăшах иртерсе тултарнинчен, ĕç тухăçлăхĕ ӳсницчен курăнать.

И. ЕВГЕНЬЕВ,
«Большевик» заводри планпа производство пайĕн начальникĕ.

* * *

ЙĔПРЕÇ. Райпромкомбинат сентябрь уйăхĕнчи плана 142 процент пурнăçларĕ. Уяв ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, комбинат коллективĕ çулталăкри производство планне декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран иртерсе чылай продукци туса кăларма сăмах пачĕ.

Г. РУСАНОВ.



Пирĕн республикăри колхозсем кантăр нумай акма пуçларĕç. Анчах иртнĕ вăхăтра кантăр акса тăвассине механизацилеме кирлĕ машинăсем пулман, пĕтĕм ĕçсене аллă вĕççĕн тумалла пулнă. Юлашки вăхăтра Сельхозснабăн Канашри кантурĕ кантăр çапмалли молотилка тата кантăр тылламалли тылă чылай илсе килсе колхозсене сутрĕ.

Сельхозснаб кантурĕ пур тĕрлĕ культурăсене те сортласа тасатмалли «ВС-2» веялка, йĕтĕн тылламалли тылă, кормозапарник тата ытти машинăсем те сутать.

Машинăсемпе ĕçлени ĕç тухăçлăхне ӳстерме, уй-хир ĕçĕсене тĕплĕ туса тырпул тухăçлăхне хăпартма, фермăсенче выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçе çăмăллатма тата лайăхлатма май парать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра машинăпа кантăр çапаççĕ.

Г. КУЗЬМИН фотоӳкерчĕкĕ.

## ХАСТАРЛĂ ĔÇРЕ

КАНАШ. Вагонсем юсакан завод коллективĕ Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнчĕ. Тимĕрçĕ цехĕпе механически цехра ĕçлекенсем ытти цехсене кирлĕ детальсене вăхăтра парса тăма пулчĕç.

Иртнĕ уйăхсенче кислород станцийĕ çителĕксĕр ĕçленĕ, вагонсем пухакан цеха пысăк чăрмав кӳнĕ. Халĕ çак станци хăйĕн ĕçĕсене палăрмаллах лайăхлатрĕ. Вăл иртнĕ уйăхри плана 100,9 процент тултарчĕ.

Механически цехра та хастарлă ĕçлевен токарьсем пур. А. Алексеев юлташ сменăра виççĕшер норма, Б. Заворохинпа Б. Денисов юлташсем—иккĕшер норма тултараççĕ.

И. ЖУРАВЛЕВ.

## Чăлха фабрикинче

Шупашкарти чăлха фабрикинчи рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем производство планне иртерсе тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешеççĕ. Фабрика коллективĕн ĕçри хастарлăхĕ ӳссех пырать. Юлашки вăхăтра кунта çĕнĕ йышши чăлхасем çыхса кăларассине йĕркеленĕ.

Фабрикăра ĕç тухăçлăхне ӳстернипе пĕрлех, чĕртавар нумай перекетлеççĕ. Кашни уйăхрах планран иртерсе çĕршер пăшăр чăлха çыхса кăлараççĕ.

Çак кунсенче фабрикăра чăлха çыхакансем хушшинче уяв умĕнхи социализмла ăмăрту саралса пырать. Çакна май уйрăм бригадăсемпе сменăсенче тата цехсенче пухусем пулса иртеççĕ. Унта иртнĕ уйăхра илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеççĕ, Октябрь уявĕ ячĕпе çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ. Рабочисемпе работницăсем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçлама тăрăшаççĕ.

...Чăлха çыхакансен цехĕ. Ку цех коллективĕ кашни уйăхрах производство планне иртерсе тултарать. Уйрăмах фабрикăри паллă стахановка Вулих юлташ ертсе пыракан бригада кăтартуллă ĕçлет. Кокоринова юлташ бригади те ĕçре пысăк хастарлăх кăтартать. Çак бригадăри чăлха çыхакансем иртнĕ уйăхри задание 122 процент тултарнă. Уяв умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, чăлха çыхакансем çĕнĕ обязательствăсем илнĕ. Ильина юлташ уйăхри задание 165 процент, Дворянская юлташ 150 процент тултарма пулнă. Бригада членĕсем халĕ сменăри задание куллен иртерсе тултараççĕ. Вĕсем туса кăларакан продукци лайăх.

Фабрика коллективĕ Октябрьти Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа социализмла ăмăртăва хутшăнса, октябрь уйăхĕнче планран иртерсе пилĕк пин мăшăр чăлха çыхса кăларма, ĕçе çирĕп графикпа тăрăх туса пыма тата чĕртавар чылай перекетлеме обязательство илнĕ.

Н. ГЕРАСИМОВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Коммунистсен вĕренӳри активлăхĕ

ШĂХАСАН. Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче районта 4 политшкул, КПСС историне вĕренмелли 38 кружок, диалектикăлла тата историлле материализма вĕренмелли 2 кружок, 17 семинар тата КПСС райкомĕ çумĕнче партин кăçхи шкулĕ ĕçлет. Вĕсенче пурĕ 742 çын вĕренет. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кăçал политшкулсемпе кружоксем хăйсен ĕçне [illegible] тытăнчĕç. Малтанхи занятисем пур çĕрте те «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» ятлă тема тăрăх калаçу ирттернипе пуçланчĕç. Занятисем кашни эрнерех йĕркеллĕ пулса пыраççĕ.

Райсовет исполкомĕнчи пуçламăш парторганизаци çумĕнчи КПСС историне вĕренмелли кружок занятийĕсем активлă иртеççĕ. Пропагандист Ю. Васильева юлташ занятисене тĕплĕн хатĕрленсе, лайăх ирттерет, вырăнти фактсемпе туллин усă курать.

— Материала каласа панă чухне, — тет Ю. Васильева юлташ,—вырăнти фактсемпе усă курни вĕренекенсен активлăхне ӳстерет. Вĕсем теорилле ыйтусене практикăлла ĕçсемпе çыхăнтарма хăнăхса пыраççĕ, ĕçри çитĕнӳсемпе çитменлĕхсем мĕнрен килнине уçса парăççĕ.

Кружокра вĕренекенсем нагляднăй пособисемпе, карттăсемпе, тĕрлĕ схемăсемпе тата таблицăсемпе усă кураççĕ. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн материалĕсене вĕреннĕ чухне вĕсен хамăр Тăван çĕршывпа халăх демократи çĕршывĕсем чечекленсе, вăйланса пынине тата капитализмла çĕршывсен экономики хавшаса пынине кăтартакан схемăсемпе, çавăнпа пĕрлех хамăр районти колхозсен аталанса тĕрекленнине, ĕçсыннисен пурнăçпа йăла условийĕсем лайăхланса пынине кăтартса паракан таблицăсемпе усă курнă. Çавăн пек схемăсемпе таблицăсене вĕренекенсем хăйсем туса хатĕрлеççĕ. Çакă вĕренекенсен активлăхне ӳстермелли лайăх майсенчен пĕри пулса тăрать.

Программăри материалсене вĕреннĕ чухне пропагандист вĕренекенсене илемлĕ литературăпа усă курма сĕнӳ парать. Çапла туни коммунистсемпе партире тăман активистсене художествăлла произведенисене юратма хăнăхтарать тата вĕсен пĕлĕвĕсене çирĕплетсе хăварма пулăшать. Вĕренекенсем пĕрле пухăнса радио итлессине тата ушкăнпа кино курассине организацилеççĕ.

Юлашки вăхăтра П. Иванов, Е. Григорьева, А. Самарцова юлташсем вĕреннĕ май илемлĕ литература чылай вуларĕç, хаçатсенчи çĕнĕ хыпарсемпе ытларах интересленекен пулчĕç.

[illegible] ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци те парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне тĕплĕн хатĕрленсе кĕтсе илчĕ. Кунта вĕренӳре усă курмалли материалсемпе нагляднăй пособисем кирлĕ чухлĕ хатĕрленĕ, занятисен ирттермелли пӳлĕме малтанах палăртса хунă. Коммунистсемпе ятти активистсем пурĕ 11 çын КПСС историне вĕренмелли кружокра иккĕмĕш çул вĕренеççĕ. Кружока темиçе çул хушши пропагандист пулса опыт пухнă В. Иванов юлташ ертсе пырать.

Кăçал кружокра 3 занятипулнă. Занятисене идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра ирттересси пропагандистран килнине асра тытса, Иванов юлташ занятисем ирттерме яланах лайăх хатĕрленет. Вăл методикăлла пособисемпе усă курать. Вĕренекен тема тăрăх калаçу ирттернĕ чухне программăра кăтартнă материала практикăлла ĕçсемпе çыхăнтарать. Вĕренекенсем занятисене лайăх хатĕрленсе пыраççĕ, калаçусене активлă хутшăнаççĕ, ыйтусен çине тĕплĕ ответсем параççĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах И. Тимофеев, Е. Алексеев, С. Павлов, П. Александров юлташсен лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Кружокра вĕренекенсен пĕлĕвĕ ӳссе пынипе пĕрлех политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ те ӳсет. Вĕсем пурте колхозсенче агитаторсем пулса ĕçлеççĕ, колхозниксене СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн материалĕсене ăнлантарса параççĕ. Çавăнпа пĕрлех кружокра вĕренекен коммунистсемпе партире тăман активистсем колхоз производствинче хăйсен пархатарлă ĕçĕсемпе ытти колхозниксене хавхалантарса пыраççĕ.

Райпотребсоюзри, Ленин ячĕпе тăракан, «За коммунизм» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче те политшкулсемпе кружоксем лайăх ĕçлеççĕ.

В. ВЕСЕЛОВ.

## Политкружок лайăх ĕçлет

СОВЕТСКИ. Жданов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче политкружок ĕçлет. Ăна пĕр улшăнмасăр Г. Копров учитель ертсе пырать.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче кружокра 12 коммунист вĕреннĕ. Кăçал коммунистсемпе пĕрле партире тăман активистсем те колхозра тата совет учрежденийĕсенче ĕçлекен юлташсем, пурĕ 25 çын хăйсен политикăлла пĕлĕвĕсене ӳстереççĕ.

Занятисем интереслĕ, идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртеççĕ. Вĕренекенсем пропагандист сăмахне пысăк тимлĕхпе итлеççĕ, калаçусене пурте активлă хутшăнаççĕ.

В. АЛЕКСАНДРОВ.

## Занятисем йĕркеллĕ иртеççĕ

ВĂРНАР. «Большевик» колхозри пуçламăш парторганизацийĕ çумĕнче вĕренӳ çулĕ йĕркеллĕ пуçланнă. КПСС историне вĕренмелли кружокра пурĕ 17 çын—коммунистсемпе партире тăманнисем вĕренеççĕ.

Вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа 3 занятипулса иртрĕ. Пропагандист А. Курсев юлташ хăйне шанса панă ĕçе юратса туса пырать. Вăл занятисене лайăх хатĕрленет, вĕсене яланах идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра ирттерет.

Малтанхи занятисенче Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмаха, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление тата Пленумра партин Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада вĕренчĕç. Çак темăсем тăрăх калаçусем пулса иртрĕç. Калаçусене коммунистсем активлă хутшăнчĕç. Вĕренӳре уйрăмах Х. Кожанова, К. Григорьев юлташсем маттур пыраççĕ.

П. ПЕСКОВ.

# ДОСААФ организацийĕсен суйлавĕсем

Çарпа авиацие тата флота пулăшас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри ирĕклĕ общество ертсе пыракан органсен суйлавĕсене ирттерет. Суйлавсем 1953 çулхи октябрь уйăхĕнче пуçланса декабрь уйăхĕнче вĕçленмелле. Обществăн комитечĕсем пуçламăш организацисем умĕнче отчетсем тăваççĕ. Кунпа пĕрлех обществăн районсемпе хуласенчи тата республикăри комитечĕсене те суйлаççĕ.

ДОСААФ организацийĕсене туса хунăранпа икĕ çул çитрĕ. Çав хушăра обществăн республикăри чылай организацийĕсем хăйсен ĕçне лайăх йĕркелесе пычĕç. ДОСААФ организацийĕсем хăйсен членĕсене Тăван çĕршыва, Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине чунчĕререн юратма, социализмла çĕршыва хӳтĕлеме яланах хатĕр пулма воспитани парса пычĕç. ДОСААФ-ăн Сĕнтĕрвăрри, Йĕпреç, Елчĕк, Первомайски тата ытти чылай районсенчи пуçламăш организацийĕсем уйрăмах лайăх çирĕпленсе пыраççĕ, общество членĕсене вĕрентсе воспитани парас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тăваççĕ.

ДОСААФ-ăн республикăри организацийĕсем спортăн тĕл перес, самолет ĕçне вĕренес, çар ĕçне вĕренсе пырас тĕлĕшпе ӳсĕмсем тунине палăртмалла. Тĕл перес енĕпе РСФСР-ти автономиллĕ республикăсем хушшинче кăçал пулса иртнĕ ăмăртура ДОСААФ-ăн пирĕн республикăри команди пĕррмĕш вырăн йышăнчĕ. Спортсмен-парашютист Беляков юлташ парашют спорчĕ енĕпе Пĕтĕм Союзра рекорд турĕ. Пуçламăш организацисен Пĕтĕм Союзри спартакиадине обществăн вуншар пин членĕсем хутшăнчĕç.

Республикăри кашни колхозра, пур предприятисемпе учрежденисенче те тенĕ пек тата шкулсенче ДОСААФ-ăн пуçламăш организацийĕсене йĕркеленĕ. Обществăн коллективĕсем ӳснĕçемĕн ӳссе пыраççĕ. Обществăлла инструкторсем пулăшнипе обществăн нумай членĕсем, производствăран уйрăлмасăр вĕренсе, специальноçсем туянчĕç. Пуçламăш организацисем мĕнле ӳссе тĕрекленсе пыни çинчен нумай тĕслĕхсем кăтартса пама пулать. Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи, Сĕнтĕрвăрринчи судоверфьри, Шупашкарти педагогика институтĕнчи, электромеханика техникумĕнчи, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм», Молотов ячĕпе тăракан, «Авангард» колхозсенчи тата ытти нумай предприятисемпе колхозсенчи, учрежденисемпе шкулсенчи пуçламăш организацисем пысăк ӳсĕмсем турĕç. Вĕсем çар ĕçне тăтăшах пропагандăласа пыраççĕ, кружоксемпе курссен ĕçĕсене лайăхлатаççĕ, общество членĕсен пĕлĕвне ӳстереççĕ, членсен йышне пĕрмаях нумайлатса пыраççĕ.

Анчах та ДОСААФ организацийĕсен ĕçĕсем çителĕклĕ теме çук-ха. Пирĕн çак общество организацийĕсене вăйлатса пыма анлă майсем пур. Анчах та çав майсемпе чылай çĕрте кирлĕ пек усă курмаççĕ. Совет çыннисен Тăван çĕршыва хӳтĕлеме кирлĕ ыйтусене вĕренес кăмăлне шута илсе, ДОСААФ организацийĕсен ĕçсыннисене спортăн çарта кирлĕ пулакан енĕсене, çар ĕçне массăллăн вĕренессине вăйлатса пымалла, общество ретне ӳстермелле.

Пăрачкав, Кувакино, Етĕрне, Калинино районĕсенче ДОСААФ организацийĕсем ытла та çителĕксĕр ӳсеççĕ. Шăмăршă районĕнче вара юлашки вăхăтра обществăн организацийĕсен шучĕ чакнă. Кунта ĕçсыннисене ДОСААФ пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса памаççĕ.

ДОСААФ комитечĕсенчен хăшпĕрисем общество членĕсене массăлла спорт ĕçне хутшăнтарма тăрăшмаççĕ, çамрăксем валли походсемпе тĕрлĕ ăмăртусем йĕркелемеççĕ. Пуçламăш организацисен руководителĕсем çавăн пек ĕçсене вĕренӳпе çыхăнтарма, вĕренӳ материала ĕçпе çирĕплетме кирлине асра тытмаççĕ.

Çак çитменлĕхсем пуринчен малтан ДОСААФ организацийĕсен комитечĕсем ĕçе кирлĕ пек ертсе пыманнинчен килеççĕ. ДОСААФ комитечĕсене ертсе пыракан хăшпĕр юлташсем общество членĕсен пуçарулăхне ӳстермеççĕ, общество членĕсен лайăх пухăвĕсене шута илмеççĕ. Çак çитменлĕхсене иксĕлме те кирлĕ тăма май çук. ДОСААФ комитечĕсен отчечĕсене сӳтсе явнă чухне общество членĕсен çавăн пек çитменлĕхсене тишкерсе тухмалла, ĕçе лайăхлатмалли майсене палăртма тăрăшмалла. Отчетпа суйлав пухăвĕсене ДОСААФ организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес, пĕтĕмпе ӳсĕмсем тăвас задачăна пăхăнтарса ирттермелле.

Суйлавсене лайăх хатĕрленсе, организацилле тата политикăлла çӳлĕ шайра ирттерни общество членĕсен активлăхне малалла ӳстерсе пыма, предприятисемпе колхозсенче, учрежденисемпе шкулсенче массăлла спорт ĕçĕсене вăйлатма май парать. ДОСААФ организацийĕсенче, критикăпа самокритикăна вăйлатса, çитменлĕхсене татăклăн пĕтерсе пыни обществăн кашни членне çарпа спорт ĕçне вĕренес тĕлĕшпе хăйĕн пултарулăхне ӳстерсе пыма пулăштăр.

ДОСААФ-ăн пуçламăш организацийĕсен отчетпа суйлав пухăвĕсене 1953 çулхи ноябрĕн 15-мĕшĕччен, районсемпе хуласенчи тата республикăри конференцисене декабрĕн 10-мĕшĕччен тапхăрта ирттермелле.

Суйлавччен кĕске вăхăт юлнине шута илсе, ДОСААФ комитечĕсен отчетпа суйлав пухăвĕсене ирттерме халех, тĕплĕн хатĕрленме тытăнас пулать. ДОСААФ организацийĕсен ертсе пыракан органĕсене суйланă чухне суйлав инструкцине тĕрĕс пурнăçласа пымалла. Суйлавсене вăрттăн сасăланипе ирттереççĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсенче организацири членсен виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕнчен кая пулмалла мар. Конференцисене те мĕнпур делегатсен шучĕн виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ пулсан кăна ирттерме юрать. Пухусенче организацири ДОСААФ членĕсем пурте пулччăр тесе тăрăшас пулать. Мĕнпур членсене пухса çитерме май çук пысăк организацисенче вара отчетпа суйлавсене делегатсен конференцийĕсенче ирттереççĕ.

Пухусемпе конференцисене критикăпа самокритикăна анлăн сарса, демократи йĕркисене çирĕппĕн пăхăнса ирттермелле. Комитетсен составне обществăлла ĕçре хăйсене лайăх палăртнă, Тăван çĕршыва чĕререн парăнса ĕçлекен пултарулăх юлташсене суйлама тăрăшмалла. Пуçламăш организаци мĕнле ĕçлесси, пуринчен малтан комитет тата унăн председателĕ мĕнле ертсе пынинчен нумай килет. ДОСААФ членĕсен комитетсене суйланă чухне çавна лайăх асра тытас пулать.

ДОСААФ-ăн ертсе пыракан органĕсене суйлама хатĕрленес тата суйлавсене ирттерес ĕçе парти организацийĕсем ертсе пымалла. Парторганизацисем ертсе пыни, совет тата комсомолпа профсоюз организацийĕсем пулăшни ДОСААФ организацийĕсен пухăвĕсемпе конференцийĕсене организаципе идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра ирттерме, ДОСААФ членĕсен йышне ӳстерме, çарпа спорт ĕçне массăллăн вĕренессине лайăхлатма пулăшĕ.

П. ТРОФИМОВ,
ДОСААФ-ăн Чăваш республикинчи оргкомитечĕн председателĕ.

### СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа

Кировски ял Совечĕ—районти пысăк ял Совечĕсенчен пĕри. Ку ял Совет территоринче Эконом, Пăкайăн, Бурсак, Тарăмпер, Сяотар тата Мерчĕн яльсемпе поселокĕсем кĕреççĕ. Çак ялсемпе поселоксем çулран-çул ӳссе, илемленсе пыраççĕ.

Юлашки çулсенче ял Совечĕ организацилле-массăлла ĕçе тĕпренех лайăхлатрĕ. Вăл çирĕп план тăрăх ĕçлет, кашни уйăхрах пĕр хут сесси, икĕ хут исполком ларăвĕсем ирттерет, хуçалăхпа культура строительстви енĕпе тухса тăракан ыйтусене вăхăтра сӳтсе явать.

Сессисенче тата исполком ларăвĕсенче йышăннă решенисем çинчен ĕçсыннисене çийĕнчех тĕплĕн пĕлтерсе, ял Совечĕ вĕсене умра тăракан ĕçсене пурнăçлама мобилизацилет.

Ял Совечĕн виçĕ яланхи комисси: ялхуçалăх, бюджетпа финанс тата культурăпа сутĕç комиссийĕсем пур. Вĕсем ял Совет исполкомне ĕçре нумай пулăшаççĕ, исполкомпа тачă çыхăнса ĕçлеççĕ.

Ял Совечĕ хăй тавра çĕр çын ытла актива пĕрлештерсе тăрать. Вĕсенчен чылайăшĕ яланхи комиссисен членĕсем.

— Эпир яланах активпа çыхăнса ĕçлетпĕр. Çавна пула пур ĕçсене те вăхăтра пурнăçласа пыма май килет. Актив — пирĕн вăй,—тет ял Совет председателĕ А. И. Этричев юлташ.

Ял Советĕнче ялхуçалăх комиссийĕ уйрăмах аван ĕçлет. Комисси колхоза ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пыма, вăйлă тырпул çитĕнтерме, йышлă выльăх-чĕрлĕх усрама пулăшать. Кунти Киров ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана районта чи малтан тултарчĕ. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсен парса татнă.

Суйлавçăсем хăйсен пухăвĕнче ял Советне колхозсенчи обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăпартма, выльăх-чĕрлĕх витисем тума, выльăх-чĕрлĕх йышне çулсеренех 5—10 процент таран ӳстерме, колхозниксен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлеме наказсемпе сĕнӳсем панă.

Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлассишĕн ял Совет депутачĕсемпе активистсем пикенсе ĕçлерĕç. Производствăра депутатсем ытти колхозниксене пример кăтартса пычĕç. Пурте тăрăшса ĕçленипе колхоз кăçалхи çул пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕ, техникăлла культурăсем акмалли çĕр лаптăкне пысăклатрĕ, вĕсене анса тумалли плана чылай ирттерсе тултарчĕ, йĕтĕн вăррипе йĕтĕн сӳсĕ нумай пухса илчĕ.

Колхозăн ĕне фермине ĕçсене ял Совет депутачĕ Е. Иванов юлташ ертсе пырать. Ку ферма пысăк çитĕнӳ турĕ. Ферма 9 уйăх хушшинче кашни сăвакан ĕнерен вăтам шутпа 1.300 литра ыхăн сĕт суса илчĕ. Колхозри уйрăм доярккăсем хăйсене çирĕплетсе панă ĕнесенчен тата нумайтарах сĕт сăваççĕ. Колхоз государствăна 1.200 килограмм çу сутрĕ. Сакăншăн вăл государствăран груз турттармалли автомашина илчĕ. Халĕ колхозăн виçĕ автомашина пур.

Сысна, сурăх, чăх-чĕп, хур фермисем те юлашки вăхăтра пысăк çитĕнӳсем турĕç. Выльăх-чĕрлĕх, чăх-чĕппе хур ĕрчетмелли плана чылай ирттерсе тултарчĕç.

Депутатсем пуçарнипе колхозра выльăх витисене тĕпрен [illegible] çĕнĕ витесем лартнă, выльăх-чĕр[illegible] çителĕклĕ (кашни ĕне валли [illegible]) утă хатĕрленĕ, 400 тонн[illegible] силос хывнă. Н. Иванов депутат[illegible] выльăх-чĕрлĕх фермисене электрификацилеме, механизацилеме. Юлашки вăхăтра автопоилка лартнă.

Колхоз хуçалăхĕн пур отраслĕсем те вăйлă аталанса пыраççĕ. Кăçал колхоз пĕтĕмпе 700 пин тенкĕ тупăш илет. Ял Совет депутачĕсем ответлă участоксенче ĕçлеççĕ. И. Букков—колхоз председателĕ, Р. Ильина—клуб заведующийĕ, В. Будков—ял Совет секретарĕ, Е. Иванов — ĕне ферми заведующийĕ, Кураков — колхоз председателĕн заместителĕ, Емельянов—уй-хир бригадирĕ.

Депутатсем колхозниксене КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕсемпе СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсемпе паллаштараççĕ. Вĕсем агитациллĕ ĕçе анлăн сарнипе, хăйсене шанса панă ĕçе лайăх туса пынипе ĕçсыннисене производствăра çĕнĕ ӳсĕмсем тума хавхалантараççĕ.

Ял Совет депутачĕсем пуçарнипе кăçал колхоз йĕтĕн тыллакан машина туянчĕ. Халĕ йĕтĕне колхозрах çапса тыллаççĕ. Колхоз тата киноустановка, хăма çурмалли рама туянчĕ.

Колхозниксен килĕсене Ильич лампочкисем çутатаççĕ, радио калаçать.

Г. РУСАНОВ.
Йĕпреç районĕ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Красноармейски районĕнчен килнĕ «Таварсем колхозниксем патне мĕншĕн çитеймеççĕ» ятлă çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Красноармейски райисполкомне тĕрĕслеме янăччĕ.

Красноармейски райисполкомĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни, ял ĕçленĕшĕн Михайлова продавщицăна вырăнтан кăларни, районта суту-илӳ ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

* * *

Çĕмĕрле районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи тĕрлĕ çитменлĕхсем çинчен çырнă çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ тĕрĕслеме КПСС Çĕмĕрле райкомне янăччĕ.

КПСС Çĕмĕрле райкомĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Кунти хăшпĕр служащисен хуçалăхĕсем законсăр йĕркепе 0,40-шер гектар чухлĕ кил вырăнĕпе усă курса пурăннă. Çавăн пек çитменлĕхе пĕтерес шутпа мерăсем йышăннă.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Муркаш районĕнчи Чалаев ячĕпе тăракан колхозра кантăр, кантăр вăрри тата сичĕ тонна çĕрулми çĕртсе ярса колхоза пысăк сиен туни çинчен çыру килнĕччĕ. Редакци çырăва Муркаш райисполкомĕн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине тĕрĕслеме янăччĕ.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Çĕрулмипе кантăр çĕртекенсене ответ тыттарма ĕçе районти прокурора панă.

* * *

Канаш районĕнчи Доронин ячĕпе тăракан колхозран килнĕ критикăллă çырăва редакци Канаш райисполкомĕн ялхуçалăхпе хатĕрлев управленине тĕрĕслеме янăччĕ. Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулнă тесе пĕлтерчĕ. Колхоз председателĕпе ревизи комисси председательне хăйсен ĕçне лайăхлатма хушнă, кантăр çĕртсе айăпа кĕнĕ Марков завхоза вырăнтан кăларнă.

### Чăваш халăх историйĕнчен

# Октябрьти революци умĕнхи тапхăрта капиталистла монополисем чăваш халăхне мĕнле пусмăрланă

Совет Союзĕ — пĕрлĕ халăхсен аслă çемйи. Пирĕн çĕршыври пур халăхсем те, çав шутрах чăваш халăхĕ те, аслă вырăс халăхĕ ертсе пынипе историллĕ пысăк çула утса тухрĕç. Çавăнпа та истори науки кашни халăхăн историйĕпе интересленет.

Калас пулать, чăваш халăх историйĕн ыйтăвĕсене тивĕçлипе сутатса парайман-ха. Уйрăмах чăваш халăхĕн революцичченхи историйĕн ыйтăвĕсене çителĕклĕ тĕпчесе пĕлмен.

Хăшпĕрисем çапла шухăшлаççĕ: империализм чăваш халăхне тĕкĕнмен, чăваш халăхĕ империализм системин тулашĕнче юлнă, теççĕ. Архив документĕсенчен кучуххиеки капитализмăн экономикăлла законĕн пĕтĕм йывăрлăхне чăваш халăхĕн те тӳсме тивни курăнать. И. В. Сталин çав закон çинчен çапла ăнлантарса панă: «Кучуххиеки капитализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи палла уйрăмлăхĕсемпе вăл хушнисене çакăн пекрех каласа пама пулнă пулĕччĕ: çĕршыври халăхăн ытларахăшне эксплуатацилесе, юхăнтарса тата чухăнлатса, ытти çĕршывсенчи, уйрăмах та кая юлнă çĕршывсенчи, халăхсене чуралантарса тата пĕрмаях çаратса, юлашкинчен, вăрçăсем кăларса тата халăх хуçалăхне вăрçă валли ĕçлеттерсе,—çаксемпе пысăкран та пысăк усламсем илес ĕçре усă курса, капиталистла чи пысăк услам илмелле тăвасси».

Халăха çаратса, пусмăрласа чи пысăк услам илес тесе, революцичченхи çулсенче чăваш çĕршывне Российăри тата ют çĕршывсенчи монополи пĕрлешĕвĕсен нумай килсе тăнă. Вырăнти суту-илӳ тата промышленность компанийĕсемсĕр (талапцевсен, курбатовсен, поповсен, ефремовсен компанийĕсемсĕр) пуçне, хальхи Чăваш республики йышăнакан территорире «Петроградско-Брагорски», «Мазут», «Сормово», Тихомировсен «юлташлăхĕ» (Хусан), Питĕрти «Суту-илӳ сурчĕ» ятлă акционерлă обществăсем пулнă.

Чăваш халăхне пусмăрласа, çаратса пысăк услам илес тесе, чăваш çĕршывне Хĕвеланăç Европăри капитал та хĕсĕнсе кĕнĕ. Шупашкар уездĕнчи Карач вулăсĕнче нимĕçсен «И. Беккер тата К°» ятлă фирми çăмарта сутăн илсе тăнă. Нимĕçсен «Цезарь Равер» ятлă фирми çав уездранах кайăк-кĕшĕк илсе тăнă. Шупашкар уездĕнчи Шĕнерпуç вулăсĕнче тата Çĕрпӳ уездĕнчи Шăхран станцинче 1910 çулта Австрии «Фердинанд Небенуаль» ятлă акционерлă обществи ĕçлеме пуçланă. Ку общество та çăмарта пухнă. 1911 çулта Кĕчвей вулăсĕнче французсен «Пети Фердинанд» ятлă акционерлă обществи юман клепкисем хатĕрлесе Францие ярса тăнă. Етĕрне уездĕнче Франц Миклис фирми (Австри) клепкăсем хатĕрлеттернĕ. Французсен «Шевалье» тата «Буво» ятлă компанийĕсем чăвашсен чылай уесĕсенчи вăрмансенчен йывăç илсе тăнă.

Çак компанисем хăйсен ĕçне анлăн туса пынине çакăнтан курма пулать: 1912 çулта капиталистсен Питĕрти «Лебедев тата К°» ятлă пĕрлешĕвĕ пĕр Шупашкар уездĕнчех 1.182.288 штук çăмарта хатĕрленĕ, çав çултах нимĕçсен «И. Беккер тата К°» фирми Рига урлă 660 ещĕк çăмарта ăсатнă, кашни ещĕкĕнче 1.440-шер çăмарта пулнă.

Монополи капиталĕ апат-çимĕç продукчĕсемпе чĕртавар хатĕрленипех ăнланман. Вăл çĕр пуянлăхне хăй аллине çавăрса илнĕ, вĕсемпе çав тери çăткăнла усă курса, чăваш чухăнĕсемпе алăстисене хытă эксплуатациленĕ. Тĕслĕхрен, «Петроградско-Брагорски» акционерлă общество, вăрмансене хăй аллине тытса илсе, юхăнса çитнĕ вуншар пин чăваш хресченĕсене унта ĕçлеттернĕ.

И. В. Сталин çапла кăтартса панă: «пысăкран та пысăк услам илес тесе, капиталистсем ĕçсыннисене тем тĕрлĕ те эксплуатацилеççĕ». Кăна капиталистсем чăваш алăстисене мĕнле эксплуатацилесе пынинчен те курма пулать. Çирĕммĕш ĕмĕр пуçланнă тĕле чăваш хресченĕсен 14 пин килĕ алăсти промыслĕнче ĕçленĕ. Уйрăмах чăпта çапасси анлăн саралнă пулнă.

Октябрьти социализмла революци умĕн алăстисен 75 проценчĕ капиталистсене тара кĕрĕшсе ĕçленĕ. Сăмахран, Хусан хулинчи Тихомировсен «Суту-илӳ сурчĕ» Шупашкар районĕнчи чăпта çапакансене пурне те пекех эксплуатацилесе пурăннă. Тихомировсем питĕ йӳнĕ хакпа курăс илсе хатĕрлеттернĕ, вара ăна алăстисене йывăр асапа кĕртсе ӳкерекен договорсем тăрăх чăпта çапма панă.

Алăстисем пĕчĕк ушкăнсемпе, виçшерултшар çын ĕçленĕ. Вĕсене ĕçлеме калама çук йывăр пулнă. Капиталистсем çитĕнсе çитменнисене те, çав шутрах 8 çулхи ачасене те, тара тытнă. Ĕç кунĕ ирхине 3 сехетрен пуçланса каçхине 8 сехетчен пынă. Çакăн пек асапланса темĕн чул ĕçлесен те, алăсти уйăхне 2 тенкĕ те 50 пус кăна ĕçлесе илме пултарнă.

Тихомировсен фирми пĕр çул хушшинче çеç 900 пин чăпта çаптарнă. Вăтам шутпа илсен, кашни 100 чăпта тихомировсене 4 тенкĕ ларнă, сутасса вĕсем 12-шер тенкĕ сутнă. Çапла майпа Тихомировсен питĕ пысăк услам илнĕ. Чăпта çаптарса Тихомировсем кăна пуйман. Çакă паллă: 1910 çулта Чикме уездĕнче чăпта çаптарма 200 пин пăт курăс пĕтнĕ.

Капиталистсен пĕрлешĕвĕсем чăваш çĕршывĕнчи халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те çавăрса илнĕ. Сăмахран, капиталистсем Шупашкар уездĕнче хими промышленноçĕ организациленĕ, унта пур ĕçсене те ал вĕççĕн тунă. Çак майпа вĕсем пысăк услам илнĕ. Пĕр çак уездра кăна 24 пин пăт чи паха скипидар, 40 пин пăт вар, 100 пин чăпта кăмрăк тунă.

Çак тĕслĕхсем монополиллĕ капитализм кирек мĕнле услам анчах мар, чи пысăк услам илме тăрăшнине кăтартаççĕ.

Вырăнти буржуази те чăваш халăхне хытă эксплуатацилесе пуйса пурăннă. Вăл ют çĕршывсен монополийĕсемпе тачă çыхăнса тăнă. Шупашкар уездĕнчи хресченсем 1906 çулта шалти ĕçсен министрĕ патне жалоба çырнă, унта вĕсем чăваш хресченĕсене Ефремов купец тискеррĕн пусмăрланине палăртнă.

Чĕртаварпа апат-çимĕç продукчĕсене йӳнĕ хакпа илсе кайса, ĕçсыннисене эксплуатацилесе, монополисем ĕçсыннисене асаплă та хĕн-хурлă, пурлă-суклă пурнăçа кĕртсе ӳкернĕ.

Монополиллĕ капитализм чăваш çĕршывĕн вăрманĕсене, чĕртаварпа апатçимĕç ресурсĕсене хăй аллине тытса илнипех чарăнса тăман, вăл политика енĕпе пуç пулса тăмалли органсем те туса хунă. Октябрьти революци умĕн кадетсен организацийĕсем пулса тăнă. Эсерсем, меньшевиксем, буржуалла националистсем империализмăн ирсĕр агенчĕсем пулнă. Российăри меньшевиксемпе эсерсем çинчен каласа, Сталин юлташ çапла кăтартса панă: «Çак тапхăрта империализмăн социаллă хăрушă тăрекĕ вак буржуалла партисем, эсерсемпе меньшевиксен партийĕсем пулнă» (Соч., 6 т., 385 стр.). Çак сăмахсем чăваш эсерĕсемпе меньшевикĕсене те сăнласа параççĕ. Кадетсем, эсерсем тата буржуалла националистсем 1917-мĕш çулхине çулла империализмла буржуази органне—«Чăвашсен национальнăй обществине» тунă.

Çапла вара, чăваш çĕршывĕ те, национальнăй облаççсемпе окраинăсем пекех, Российăри империализм пусмăрне çеç мар, тĕнчери империализм пусмăрне те кĕрсе ӳкнĕ пулнă. Кунтан çакă курăнать: чăваш çĕршывĕнче те, пĕтĕм Российăри пекех, хире-хирĕçлĕхсем ӳссе пынă, çак хирĕçӳсем тĕнче вăрçи вăхăтĕнче тата Вăхăтлăх правительство пуç пулса тăнă вăхăтра чи вăйлăн ӳсе кайнă. Çав хирĕçӳсен никĕсĕ производствăлла, хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе шайлашса тăманни пулнă.

Российăри халăхсене, вĕсемпе пĕрле чăваш халăхне те, империализм сăнчăрĕсене çапса аркатнă хыççăн тин ирĕке кăлармалла пулнă. Производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалли закон вăйра пултăр тесен, вĕсем хушшинчи хирĕçӳсен никĕсне—производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе шайлашса тăманнине революцилле майпа пĕтермелле.

Ленинпа Сталин çапла вĕрентеççĕ: империализм системин историлле аталанăвĕ хăех çав системăна революцилле майпа улăштарма объективлă условисемпе реальнăй вăйсем хатĕрлет. Российăра çавăн пек обществăлла вăй—обществăн ытларах пайĕ пулса тăракан рабочи класпа хресченсен союзĕ—ытти çĕршывсенчинчен маларах тупăнчĕ. Çав вăй, производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалли законпа усă курса, социализмла çĕнĕ йĕркесем туса хучĕ.

Российăра çавăн пек обществăлла вăй пулса тăни акă мĕнрен килнĕ: çĕршывра социализм çĕнтерĕвĕшĕн паттăррăн кĕрешме хатĕр тăракан рабочи класпа Коммунистсен партийĕ, эксплуатаци йĕркисене пĕтерсе хума тăрăшакан революцилле хресченсем пулнă. Çавăн пекех Российăра пусмăрта пурăнакан национальноçсем те ун чухнехи йĕркесемпе ытларах та ытларах килĕштерейми пулса пынă, çав национальноçсен ĕçсыннийĕсем вара пролетариатăн резервĕ пулса тăнă.

Коммунистсен партийĕ, пĕтĕм тĕнчери революци юхăмĕпе рабочи юхăмĕн пĕррмĕш «Ударнăй бригади» пулса, рабочисемпе хресченсен союзне туса хучĕ. Парти рабочисемпе хресченсен союзĕн тактики çинчен 1905—1907 çулсенчи революци вăхăтĕнчех пĕлтернĕ.

Ун чухне чăвашсен хăйсен промышленность пролетариачĕ пулман. Империализм лагерьне çапса аркатма чăваш халăхĕн вырăс пролетариачĕпе пĕр союзра пулмалла пулнă.

Коммунистсен партийĕн тава тивĕçлĕ аслă ĕçĕ çакă: вăл пусмăрта пурăннă мĕнпур халăхсен хресченĕсене вырăс рабочи класĕ таврашне пĕтĕçтерчĕ. Çапла майпа чăваш çĕршывĕнче те вырăс рабочи класĕпе чăваш хресченĕсен союзĕ пулса тăчĕ. Ку тĕлĕшпе вырăнти йышлах мар пролетариат та хăйĕн пархатарлă ĕçне тунă. Чăваш хресченĕсемпе вырăс рабочи класĕн союзĕ тĕрекленсе пынине 1917 çулхи çуллапа кĕркунне чăваш хресченĕсем империалистла Вăхăтлăх правительствăна хирĕç революцилле выступленисем туни те кăтартать. Чăваш хресченĕсем 1917 çулта кĕркунне Сĕнтĕрте, Шурчара восстанисем тунă, восстанисем большевиксен лозунгĕсемпе иртнĕ. Çав восстанисем пысăк хуласенчи пролетариат революцилле выступленисем тунă вăхăтра пулнă. Чăваш халăхĕ ирĕклĕхпе çĕршыв кĕрешни пролетариатăн социализмла революцийĕпе пĕрлешсе кайсан кăна çĕнтерӳ тунипе вĕçленме пултарнă. Партин VI-мĕш съезĕнче И. В. Сталин çапла кăтартса панă: хресченсен революцийĕ рабочисен революцийĕпе пĕтĕçмесĕр пулма пултараймасть.

Çапла вара, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе никам çĕнтерейми обществăлла вăй—рабочисемпе хресченсен союзĕ пулса тăнă. Парти çĕршыври халăхсене аслă вырăс халăхĕпе тăванлатса пычĕ, вĕсене империализма социализмла çĕнĕ стройпа улăштарассишĕн кĕрешес ĕçре ертсе пычĕ. Октябрьти Социализмла Аслă революци Российăри пур халăхсене те, çав шутра чăваш халăхне те, ирĕке кăларчĕ. Совет влаçĕ вăхăтĕнче чăваш халăхĕ чечекленекен социализмла наци пулса тăчĕ, совет халăхĕсен тăванла çемйинче хăйне тивĕçлĕ вырăн йышăнчĕ.

И. ПЕТРОВ,
истори наукисен кандидачĕ.

# Колхозсемпе совхозсенче сĕт тухăçлăхне ÿстерессишĕн социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем

(1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Йышăннă вырăн | Район, колхоз, совхоз ячĕсем | Колхоз председателĕсен, совхоз директорĕсен хушамачĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|
| | **I. Совхозсем** | | |
| 1. | Çĕрпÿри государство селекци станцийĕ | Я. Ф. Лукьяненко | 3237 |
| 2. | Улатăрти махорка совхозĕ | П. М. Корольков | 2057 |
| 3. | Государствăн лаша вити | М. И. Мельников | 1866 |
| | **II. Колхозсем** | | |
| 1. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Ф. П. Юхтанов | 2472 |
| 2. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | М. С. Митин | 2175 |
| 3. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | С. К. Коротков | 1864 |
| 4. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | М. Н. Князьков | 1751 |
| 5. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | М. И. Хайлов | 1691 |
| 6. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | М. Г. Долгов | 1688 |
| 7. | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | И. В. Васильев | 1583 |
| 8. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Н. И. Рыбаков | 1583 |
| 9. | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | А. Н. Павлов | 1478 |
| 10. | Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Т. В. Безруков | 1422 |
| 11. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Е. А. Андреев | 1405 |
| 12. | Чкаловски районĕнчи «Кзыл-юлдуз» колхоз | А. Т. Тазетдинов | 1385 |
| 13. | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | В. В. Зайцев | 1362 |
| 14. | Ишлей районĕнчи «Знамя труда» колхоз | Г. К. Мешков | 1342 |
| 15. | Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Н. А. Жидяев | 1309 |
| 16. | Улатăр районĕнчи «Победа Октября» колхоз | П. М. Душонков | 1299 |
| 17. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | А. А. Яблонский | 1298 |
| 18. | Пăрачкав районĕнчи «Ударник» колхоз | И. Е. Макаров | 1298 |
| 19. | Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхоз | П. Я. Яковлев | 1288 |
| 20. | Чкаловски районĕнчи «Восток» колхоз | Н. Ф. Чернов | 1273 |
| 21. | Çĕмĕрле районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | А. П. Демидов | 1254 |
| 22. | Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | П. И. Суленков | 1251 |
| 23. | Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз | С. А. Шлябин | 1247 |
| 24. | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | Р. Ф. Сынгаров | 1246 |
| 25. | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | А. С. Семенов | 1242 |
| 26. | Пăрачкав районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | М. Ф. Тришин | 1236 |
| 27. | Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Н. С. Хабаров | 1231 |
| 28. | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | В. П. Павлов | 1228 |
| 29. | Улатăр районĕнчи «Красный луч» колхоз | А. В. Лĕнин | 1217 |
| 30. | Чкаловски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз | А. З. Абдуллвалиев | 1212 |
| 31. | Вăрмар районĕнчи «Большевик» колхоз | И. Ф. Филимонов | 1208 |
| 32. | Ишлей районĕнчи «Урожай» колхоз | А. П. Петрова | 1204 |
| 33. | Калинино районĕнчи «Трактор» колхоз | Я. Е. Ефремов | 1203 |

# Дояркăсен ăмăртăвĕ

## Сĕт суса илес ĕçре малта пыракансем

## (Кăçалхи тăхăр уйăхри итогсем)

| Йышăннă вырăн | Хушаматсем | Район, колхоз ячĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|
| 1. | А. Ф. Федорова | Çĕрпÿри государство селекци станцийĕ | 3632 |
| 2. | О. М. Митрофанова | » | 3529 |
| 3. | А. Е. Ефимова | » | 3264 |
| 4. | О. П. Лукина | » | 3189 |
| 5. | А. Г. Григорьева | » | 3061 |
| 6. | Е. Г. Григорьева | » | 2890 |
| 7. | А. С. Селиванова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2666 |
| 8. | Ворожейкина | Улатăрти махорка совхозĕ | 2436 |
| 9. | К. М. Молчакова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2406 |
| 10. | З. А. Андреева | | 2371 |
| 11. | М. П. Кузовенкова | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2348 |
| 12. | Н. П. Бурлакова | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2343 |
| 13. | М. И. Степанова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2308 |
| 14. | Т. С. Рыбакова | Улатăрти махорка совхозĕ | 2235 |
| 15. | К. А. Ситухина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2228 |
| 16. | А. С. Трошкина | Улатăрти махорка совхозĕ | 2204 |
| 17. | О. А. Лебедева | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2180 |
| 18. | Н. Д. Ерошина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2178 |
| 19. | А. Н. Харитонова | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2130 |
| 20. | Р. С. Тронина | Улатăрти махорка совхозĕ | 2125 |
| 21. | М. Ф. Ганюшина | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2098 |
| 22. | С. Д. Воложинова | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 2077 |
| 23. | Н. П. Кузина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 2023 |
| 24. | М. Г. Баринова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1983 |
| 25. | К. Н. Харитонова | Государствăн лаша вити | 1949 |
| 26. | Т. Н. Крылова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1931 |
| 27. | Ф. С. Самакова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1834 |
| 28. | З. Медведева | » | 1793 |
| 29. | А. Л. Мишенькина | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1778 |
| 30. | У. М. Анисимова | » | 1756 |
| 31. | Г. В. Силантьева | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1752 |
| 32. | Л. Ф. Табакова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1751 |
| 33. | М. П. Порфирьева | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1746 |
| 34. | М. К. Степанова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1717 |
| 35. | П. И. Муравьева | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1716 |
| 36. | Ф. И. Портнова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1686 |
| 37. | А. Е. Ферапонтова | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1665 |
| 38. | Н. П. Тимофеева | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1660 |
| 39. | Т. Ф. Филиппова | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1659 |
| 40. | М. Ф. Чермакова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1655 |
| 41. | А. Ф. Филиппова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1610 |
| 42. | И. Т. Братанова | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1591 |
| 43. | У. В. Галкина | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1590 |
| 44. | А. Т. Титова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1581 |
| 45. | А. Н. Александрова | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1570 |
| 46. | З. Н. Ивакова | Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1561 |
| 47. | Н. А. Ерошина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1527 |
| 48. | З. К. Кириллова | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1504 |
| 49. | Т. Б. Борисова | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1498 |
| 50. | М. А. Силантьева | » | 1496 |
| 51. | Е. К. Кузьмина | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1469 |
| 52. | К. В. Соколова | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | 1469 |
| 53. | Е. И. Шмарина | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1462 |
| 54. | О. А. Александрова | Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1461 |
| 55. | П. К. Матюшкина | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | 1428 |
| 56. | Л. В. Храмова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1415 |
| 57. | С. Софонова | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1412 |
| 58. | А. В. Васильева | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1408 |
| 59. | К. Г. Григорьева | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1396 |
| 60. | Г. Степанова | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1381 |
| 61. | А. А. Болвина | Улатăр районĕнчи «Красный луч» колхоз | 1380 |
| 62. | М. Я. Кочеткова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1377 |
| 63. | М. Н. Маркина | » | 1367 |
| 64. | К. Г. Гаврилова | Красноармейски районĕнчи «Красное «Сормово» колхоз | 1364 |
| 65. | К. Н. Влинова | Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 1335 |
| 66. | А. И. Игнатьева | Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз | 1334 |
| 67. | В. Л. Чуваева | Улатăр районĕнчи «Победа Октября» колхоз | 1334 |
| 68. | Е. П. Любимова | Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхоз | 1322 |
| 69. | М. К. Корнилова | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1320 |
| 70. | М. П. Петрова | » | 1312 |
| 71. | Е. М. Максимова | Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз | 1301 |

# Çамрăк мичуринецсен слечĕ

КАНАШ. Çак кунсенче 59-мĕш вăтам шкулта железнодорожниксен ачисем вĕренекен шкулсенчи çамрăк натуралистсен-мичуринецсен слечĕ пулса иртрĕ.

Слетра çамрăк мичуринецсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен биологи преподавателĕ А. В. Петрова юлташ доклад туса пачĕ.

Доклад хыççăн железнодорожниксен ачисем хăйсен ĕçĕсем çинчен пĕрин хыççăн теприн тухса каларĕç. 59-мĕш вăтам шкулта вĕренекен Дася Александрова пионерка слетра çапла каларĕ:

— Партипе правительство пире вĕрентсе çĕршывăн усăллă çынсем пулассишĕн сахал мар тăрăшаççĕ. Кăçал пире валли çĕнĕ шкул çуртĕ туса пĕтерчĕç. Халĕ эпир шкул тавра тĕрлĕ улма-çырла йывăççисем лартма, пахча çимĕçсем туса илме участок уйăртăмăр. Шкул çывăхĕнчи çырмана пĕвелесе пулă ĕрчететпĕр.

«Лорх» сортлă çĕрулмине лартса пысăк тупăш илни çинчен Рита Осиповăпа Клава Коновалова, тĕрлĕ сортлă томатсем туса илни çинчен — Людмила Житина пионеркăсем каласа пачĕç.

Учительски институтăн çичĕ çул вĕренмелли 8-мĕш базовăй шкулĕнчи натуралистсем ячĕпе слет делегачĕсене Алина Шакрова саламларĕ. Слет умĕн вăл «Пионерская правда» хаçатра «Çуртсем тавра садсем ешĕрĕç» ятлă статья çырнă. Çак статьяна çамрăк натуралистсем пысăк хавасланса пулса тухнă. Çавăнпа та пулас Алина сăмахĕсене слет участникĕсен тимлĕн итлерĕç.

Слетра хухари палли натуралистсене парнесем пачĕç.

Çамрăк натуралистсен слечĕ çĕнĕ шкулăн çĕнĕ садĕнче çимĕç йывăççисем лартнипе вĕçленчĕ. Çак кун çамрăк мичуринецсем улма-çырла йывăççисем çĕршер тĕп лартса хăварчĕç.

Г. ИСАЕВ.



Пирĕн çĕршывра ĕççыннисем валли пурăнмалли çуртсем лартасси анлă сарăлнă. Шупашкар хулинче те кăçал çĕнĕ çуртсем чылай туса пĕтерчĕç.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чапаевски поселокра кăçал туса лартнă 16 хваттерлĕ çĕнĕ çурт.

Ф. ИВАНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Вăрманти колхозра

Кукăр-макăр авкаланса юхакан Аштăр шывĕ хĕрринче «Красный Октябрь» ялĕ вырнаçнă. Йĕри-тавра вăрман.

Питĕ илемлĕ ку вырăнсем. Ял варринче тем пысăкăш сад пахчи сарăлса выртать. Улмуççисем çÿллех мар-ха, вĕсене 5—6 çул каярах кăна лартнă. Çапах та улмисем йышлă пулаççĕ. Кăнтăр енче, карта хĕррипе, хăмла çырли тата хурлăхан тĕмĕсем ÿсеççĕ. Çак сада колхозниксем лартса ÿстернĕ.

Урамсенче тÿп-тÿрĕ ретпе радио тата электричество юписем ларса тухнă. Кашни пÿртрех электричество çунать, радиоузел колхозниксен килĕсене Мускав, Шупашкар сассисене çитерет.

Ял хĕрринче—пысăк пĕве: ГЭС пĕви. Ку пĕвене те колхозниксем хăйсемех пĕвеленĕ, электричество станцийĕ туса лартнă. Юлашки çулсенче колхоз çĕнĕ çуртсем нумай лартрĕ. Ял варринче çĕнĕ клуб, çичĕ çул вĕренмелли шкул, колхоз правленийĕн çуртĕ илемлĕн курăнаççĕ. Клубра библиотека ĕçлет, унта темиçе пин кĕнеке, пысăк залсăр пуçне, читальня пур.

Ялтан вăрман хĕррине çитиччен иксĕр хуçалăха пĕрлештерсе тăракан колхозăн уй-хирĕсем тăсăлаççĕ. Кунта та ĕлĕк вăрман пулнă. Авалтан кашласа ларнă вăрмана касса тырă акса тумалли уйсем тунă.

Пĕр вуншилĕк çул каярах «Красный Октябрь» колхозран района тухма урапа çулĕ çеç пулнă. Машинăсемпе кунта килеймен. Çавна пула кашни çулах уй-хир ĕçне вăраха ярса туса пынă.

Халĕ кунта аслă çул туса хунă.

Кăçал пирĕн пата та комбайн илсе курчĕ. Малашне эпир те Ворошилов ячĕпе тăракан колхозран кая юлмăпăр,— теççĕ колхозниксем. Михайлов комбайнер канма пĕлмесĕр ĕçлерĕ. Тырпула тирпейлĕ пуçтарса кĕртнĕ.

...Итем çине ир-ирех 1-мĕш бригадăн бригадирĕ Малов юлташ вĕçтерсе çитрĕ. Çынсем пурте вырăнта. Молотилка кĕрлет. Барабана Павлов комсомолец пĕр чарăнмасăр кĕлтесем ярса тăрать.

— Давай, давай,— васкатать вăл кĕлте касакансене. Хĕрĕх тăхăр лаша вăйлă двигатель молотилкăна тата тырă аламалли машинăна çавăрать. Аллине масленка тытнă машинист Кошкин юлташ машинăсем кал-кая ĕçленине сăнаса çÿрет.

Итем çине çамрăк учитель Мидуков юлташ велосипедпа вĕçтерсе çитрĕ. Хул хушшине вăл çĕнĕ хаçатсем хĕстернĕ.

— Василий Михайлович, кунта килĕр,— тесе чĕнеççĕ ăна тырă алакан хĕрсем.

— Салам, ĕçчен хĕрсем!—терĕ вăл.

Кăнтăрла тĕлĕнче молотилка чарăнсан, колхозниксем пĕр çĕре пухăнчĕç. Мидуков юлташ колхозниксене юлашки хыпарсемпе паллаштарчĕ.

Ялти партипе комсомол организацийĕсем кăçал халăх хушшинче политикăлла ăнлантару ĕçне самаях вăйлатрĕç. Бригадăсенче, итем çинче ĕçлекен колхозниксене Совет Союзĕн мирлĕ политики çинчен, партипе правительство ĕççыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн куллен тăрăшни çинчен, çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене тĕплĕн ăнлантарса панă, докладсемпа каласусем чылай иртнерĕ. Колхоз правленийĕпе парторганизаци «Малалла» ятлă стена хаçатне тăтăшах кăларса тăнă.

В. СТЕФИНОВ.

Çĕмĕрле районĕ.

# Çăкăр завочĕсенчи çĕнĕ цехсем

Республикăри çăкăр завочĕсенче çĕнĕ цехсем уçаççĕ. Çак кунсенче Çĕмĕрлери çăкăр заводĕнче сушкă пĕçермелли çĕнĕ агрегат вырнаçтарса лартнă. Улатăрти çăкăр комбинатĕнче те сушка пĕçерекен цех ĕçлеме тытăннă. Çак цехсем сменăра 200-шер килограма яхăн паха сушка пĕçерсе кăлараççĕ. Сушка пĕçерекен цехсене малашне икĕ сменăпа ĕçлеттерме палăртнă.

Кивĕ заводсенче çĕнĕ цехсем уçнипе пĕрлех, çĕнĕ заводсем туса лартаççĕ. Ноябрь уйăхĕнче Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи çăкăр завочĕ ĕçлеме пуçлать. Халĕ кунта оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ. Çак завод çăкăр, булка, сдоба, кулач пĕçерсе кăлармалла. Кунта мĕнпур ĕçсене механизмсемпе тумалла пулать.

Ситес çулта Шупашкарта кашни талăкра 60 тонна, Канашра 30 тонна çăкăр-булка пĕçерекен заводсем тума тытăнмалла. Çав заводсенче çăкăр, булка, кулач, сдоба, сушкă пĕçерекен цехсемсĕр пуçне, премĕк-канфет тăвакан цехсем пулмалла.

Р. ШАШКОВ.

# Чăваш театрĕ çĕнĕ сезонра

Октябрĕн 17-мĕшĕнче Чăвашсен государство академи театрĕ хăйĕн 36-мĕш сезонне пуçларĕ.

Чăваш писателĕсем çырнă, чăваш артисчĕсем вылякан спектакльсене кăçал пирĕн театр хамăр республикăра çеç мар тата Тутар, Пушкăрт, Мордва республикисенче, çавăн пекех Куйбышев, Ульяновск, Горький облаçĕсенче те кăтартрĕ. Куракансем пирĕн спектакльсене хапăл туса йышăнчĕç.

Çĕнĕ сезонра театр чи малтанах В. Ржановăн «Энтип», Г. Мухтаровăн «Çемье чысĕ» пьесисене, А. Эсхелĕн «Виçĕ туй» комедине кăтартать.

Ку спектакльсем совет çыннисен пурнăçĕпе кĕрешĕвне, вĕсен çутă ĕмĕтне сăнласа кăтартаççĕ.

Паллах, театр иртнĕ сезонра тунă çитĕнÿсемпе çырлахса ларма пултараймасть. Çитĕнÿсемпе пĕрлех иртнĕ сезонра çитменлĕхсем те сахал пулман. Театр репертуарĕнче паянхи совет çыннисен пурнăçне сутатса паракан чăвашла пьесăсем уйрăмах сахал пулчĕç. Вырăсларан куçарса лартнă пьесăсенчен те, репертуар ыйтăвне тĕплĕн татса паракан, артистсен пултарулăхне ÿсме пулăшакан пьесăсем сахалтарах пулчĕç.

Çĕнĕ сезонра театр идея енчен анлă, империализм пусмăрĕнчи халăхсен кĕрешĕвне сутатса паракан К. Мюфке çырнă «Аслати сукмакĕпе» ятлă пьесăна лартать. Çавăн пекех Л. Родионовăн «Юратнă хĕр» пьесине репертуара кĕртнĕ. Çак пьесăсене Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă тĕле кăтартма палăртнă.

Кунсăр пуçне вырăссен аслă писателĕн Н. В. Гоголĕн поэми тăрăх çырнă «Вилĕ ятсем» пьесăна репертуара кĕртнĕ. Гоголь сăнласа кăтартнă вăйлă образсене сцена çинче кăтартасси чăваш артисчĕсемшĕн питех те чыслă ĕç.

Çаксемпе пĕрлех театр И. Максимов-Кошкинскийĕн «Константин Иванов» ятлă пьесине лартма хатĕрленет. Пьесăна автор çĕнĕрен юсаса лайăхлатнă.

Пĕтĕмĕшпе илсен, çĕнĕ сезонра театр сахалтан та 7—8 çĕнĕ спектакль кăтартмалла, вĕсенчен çурри ытла чăваш драматургĕсем паянхи пурнăç çинчен çырнă пьесăсем пулмалла.

Коммунистсен партийĕ искусство енĕпе ĕçлекенсем умне питех те чаплă задача лартрĕ. Çав задача пирĕн мĕнпур совет халăхне коммунистла воспитани парасси, совет çыннисен сăнарĕсене художествăлла образсемпе сăнласа кăтартасси, çĕршыва ÿсме чăрмантаракан çитменлĕхсене художествăлла сатирăпа критиклесе çунтарасси, халăхсем хушшинчи туслăха çирĕплетме пулăшасси, миршĕн кĕрешме чĕнесси пулса тăрать.

Культура енĕпе кунран-кун çитĕнсе пыракан совет çыннисем пурнăçа тарăн ăнланма вĕрентекен, чĕрене хумхантаракан, çутă ĕмĕтсемпе хавхалантаракан искусство курасшăн. Çавăнпа та чăваш театрĕ умĕнче çĕнĕ сезонра уйрăммăнах артистсемпе режиссерсен тата художниксен пултарулăхне пĕтĕм вăя хурса ÿстерес задача тăрать.

Театр творчестви ăнăçлă çитĕнсе пырасси театр халăхпа тачă çыхăну тытнинчен те килет. Спектакль куракансен шухăш-кăмăлне лайăххах пĕлсе тăрас тесе, театр çĕнĕ сезонра заводсене, колхозсене, шкулсене ытларах тухса хăйĕн творчестви çинчен канашлусем туса иртерме ĕмĕтленет.

Иртнĕ сезонсенче лартнă спектакльсенчен çĕнĕ сезонра: Ф. Павловăн «Ялта», А. Кăлканпа В. Алагерĕн «Нарспи», П. Осиповăн «Айдар», А. Эсхелĕн «Виçĕ туй», Н. Дьяконовăн «Парнеллĕ туй», А. Орлов-Шузмпа И. Максимов-Кошкинскийĕн «Çĕмĕрт çеçки çурăлсан», Ю. Буряковскийĕн «Пурнăçа юратса», Н. Гоголĕн «Ревизор» пьесисем пулаççĕ.

Театр искусствине тата çÿлерех çĕклеме пирĕн пур майсем те пур.

Творчествăлла пултарулăха ÿстерме пире марксизм-ленинизм теорине тимлĕн вĕренни хытă пулăшать, пурнăçа тĕрĕс ăнланма, пурнăçăн малашлăхне курма май парать.

Иртнĕ сезонра чăваш театрĕнче марксизмпа ленинизмăн каçхи университечĕ ĕçлерĕ; театрта ĕçлекенсем пурте политикăлла вĕренĕве активлăн хутшăнчĕç.

Политикăлла вĕренÿ ĕçне тата çÿлĕрех çĕклесси театрăн çĕнĕ сезонри паллăрах задачисенчен пĕри пулса тăрать.

Ĕмĕтсем пысăк та анлă. Пирĕн чи паха ĕмĕт вăл: ĕççыннисене коммунизм тума хавхалантаракан чи лайăх спектакльсем кăтартасси пулса тăрать.

И. ЭЛЛЕ,
театр директорĕ.
Н. ИВАНОВ,
театрăн главнăй режиссерĕ.

# ПАРХАТАРЛĂ ĔÇ

Районти больницăра Михаил Григорьевич 1951 çултанпа главнăй врач пулса ĕçлет. Хусанти медицина институтĕнчен вĕренсе тухнăранпа вăл тăваттăмĕш çул ĕнтĕ врач-хирург. Нумай вăхăт хушши ĕçлемест пулсан та, вăл ăста врач пулнине кÿршĕри районсенче те пĕлеççĕ. Ун патне сывалма Элĕкпе Вăрнар районĕсенчен те пыраççĕ.

Врач йышăнакан пÿлĕме яштака пÿллĕ çамрăк кĕрсе тăчĕ.

— Сывă-и, Миронов юлташ, иртсе ларăр,—терĕ районти больницăн главнăй врачĕ Сорокин юлташ.

— Сывах-ха, ответлерĕ çамрăк.

— Эпĕ, Михаил Григорьевич, сирĕн пата пĕр самантлăха кăна. Акă, курăр, нимĕн палли те çук-и? Хам нимĕн те туймастăп—терĕ те, вăл каллĕ-маллĕ икĕ хут утса тухрĕ.

— Аван, нимĕн палли те çук,—ырларĕ унтах тăракан сестра.

— Питех те пысăк тав сире, Михаил Григорьевич, манăн урана тÿрлетсе, мана уралла тунăшăн. Халĕ эпĕ 18 çухрăмран çÿретĕп, ура пĕтĕмпех тÿрленсе çитрĕ.

— Пирĕн ĕçĕ çавă, ăна тумасан, пире врач теме те кирлĕ мар. Çынсем пирĕн çĕршывра чи хаклă капитал.

Çынсене сыватас тĕлĕшпе Сорокин юлташ пĕтĕм пултарулăхне парса ĕçлет. Вăл йывăр чирлĕ çынсене операци туса, пин çынна яхăн сыватнă. Сыватнăшăн Сорокин юлташа чĕререн тав туса çырнисем сĕнÿсен кĕнекинче нумай.

Уйкас Юнтапари вăтам шкулта вĕрентекен учительница А. Прокопьева юлташ хăйĕн ачине сыватнăшăн çапла тав туса çырать:

«Манăн ача чирлесен, эпĕ вăл сывалассă шанманччĕ. Ялти çынсем ачана хăвăртрах врач патне илсе кайма канаш пачĕç. Унта илсе кайсан та ача сывалас пек туйăнмастчĕ. Çапах та ачана больницăна леçрĕм. Сорокин юлташ ачана сийĕнчех пăхса, ăна сыватма май пурри çинчен пĕлтерчĕ. Хытă савăнтăм. Ача сывалчĕ. Врача чĕререн тав тăватăп».

Сорокин юлташ ăста хирург кăна мар, çав вăхăтрах районти лайăх лекторсенчен пĕри. Ялсенче тăтăшах лекцисем иртерет. Кăçал та 15 хут лекци вуласа панă.

М. ВАСИЛЬЕВ.

Калинино.

# Тăрăшуллă пахчаçăсем

Сăкăт ялĕ витĕр пĕчĕк шыв юхса выртать. Çак шывăн сулахай енчи 10 гектара яхăн çĕр лаптăкĕпе ял çыннисем ĕлĕкренпех усă курман. Унта сăлкуçĕ пулнă, йĕри-тавра хăмăшсемпе куршанаксем тата эрĕмсем кашласа ларнă. Ваттисем ку вырăна «сăл лаппи», тенĕ.

1947 çулччен колхозра пахча çимĕç туса илес ыйтăва сахал мар хускатнă. Анчах опытлă пахчаçă пулманнипе ку ĕç вăраха юлса пынă.

— Çулсеренех пахча çимĕç вăррисем илсе тăкаклантатпăр, анчах пахча çимĕçрен усă кураймастпăр,—тесе кÿреннĕ колхозниксем.

Пĕррехинче çуркунне колхоз правленин суртне халăх нумай пухăннă. Ку вăл 1947 çулта пулнă. Ăшă çу кунĕсем çывхарса килнĕ май, колхозниксем хушшинче пахча çимĕç туса илес ыйту калăлех çĕкленнĕ.

— Юлташсем,—тенĕ çак каласура колхоз председателĕ,—ман шухăшпа, пирĕн пахча çимĕç лартса тăвас ĕçе кăçалтан пикенсех тытăнас пулать. Ку ĕçе пуçăнма пирĕн лайăх çĕрсем те, çынсем те пур. Цĕлсе, аллă хурса ĕçлени çеç кирлĕ.

— Ку ĕçе пуçарса, ертсе пыма кама хушăпăр-ха эпир?—тенĕ колхозниксенчен пĕри.

Колхозниксем пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе ятарласа бригада йĕркелеме, ăна ертсе пыма колхозри ватă та опытлă, ку ĕçе пĕлекен колхозника Иван Никифоровича Сандыркин юлташа уйăрса лартма сĕннĕ. Артель членĕсен шухăш-кăмăлĕсене шута илсе, колхоз правленийĕн черетлĕ ларăвĕ Иван Никифоровича пахча çимĕç бригадин бригадирĕ пулма çирĕплетнĕ. И. Сандыркин юлташ та хирĕç пулман.

— Халăх шанса панă ĕçе тÿрре кăларас пулать,—тенĕ вăл, «сăл лаппи» çинелле пăхса.

• • •

Сиччĕмĕш çул ĕнтĕ колхозри пахча çимĕç бригадине Сандыркин юлташ ертсе пырать. Кашни çулах ку бригада пысăк тухăçлă пахча çимĕç çитĕнтерсе, колхоза чылай тупăш парать.

«Ăстаран ĕç хăрать», теççĕ ваттисем. Иван Никифорович пирки те çавнах каламалла. Вăл бригада членĕсемпе шурлăхлă вырăна типĕтсе, ĕмĕр çын алли тивмен вырăна сухаласа, малтанхи çул 1,65 гектар çине тĕрлĕрен пахча çимĕç акса хăварнă. Бригада членĕсем ку ĕçе сахал мар вăй хунă: кĕркунне йывăççем лартса хăварма шăтăксем чавнă, парниксем тунă, йăрансем хатĕрленĕ, тислĕк кăларнă тата ытти ĕçсем те тунă.

Иван Никифорович тата унăн çыннисем малтанхи ĕçсемпе лăпланман. Вĕсем пахча çимĕçĕнчен çулсеренех пысăкран та пысăк тупăш илсе пынă, пахча çимĕç туса илессине колхозăн тупăшлă отраслĕ туса хума ĕмĕтленнĕ.

Ĕмĕтленнĕ ĕмĕт пурнăçланнă. 1953 çулта пахча çимĕç туса илекен çĕр лаптăкне 12 гектара çитернĕ, унтан илекен тупăш, 1947 çулхипе танлаштарсан, 15 хут ытла ÿснĕ.

Мĕн кăна çук пулĕ халĕ ку пахчара! Купăста, хăяр, кишĕр, помидор, сухан, ыхра, тĕрлĕ кăшмансем, дыня, хĕвелçаврăнăш, тĕрлĕ йышши çырласем. Кунсăр пуçне бригада иккĕмĕш çул тухăçлă арбуз туса илнĕ. Пахчара сичĕ тĕслĕ панулми йывăççисем пур. Ситес çул 1.222 тĕп çимĕçсем пана пуçлаççĕ.

Бригада членĕсем тăрăшса ĕçленин результачĕ куç умĕнче. Вĕсем иртнĕ çул вăтам шутпа кашни гектартан 336 центнер купăста, 105 центнер сухан, 286 центнер кишĕр, 197 центнер хăяр, 154 центнер хĕрлĕ кăшман туса илнĕ. Колхоз 1952 çулта пахча çимĕç сутса кăна 83 пин те 880 тенкĕ тупăш курнă тата артель членĕсене кашни ĕçкунĕ пуçне пĕрер килограмм пахча çимĕç панă.

Кăçалхи çитĕнÿсем чылай пысăкрах. Кашни гектартан вăтам шутпа 500 центнер ытла купăста, 300 центнера яхăн хăяр, 114 центнер сухан, 350 центнер кишĕр туса илнĕ. Районти колхозсемшĕн çĕнĕ пахча çимĕçĕ пулса тăракан арбузăн тухăçлăхĕ те малтанхи çулхинчен чылай пысăк. Вăтамран гектар пуçне 20 центнер арбуз пухса илнĕ. Колхоз кăçал пахча çимĕç сутса 40 пин тенкĕ тупăш курать, колхозниксене ĕçкунĕ пуçне пĕрер килограмм ытла аванс панă. Кунсăр пуçне обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли нумай кăшман хатĕрленĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе пирĕн умма пысăк задача лартрĕ,—тет И. Сандыркин бригадир.—Постановленире палăртнă тăрăх, 1954 çулта кашни гектартан 175 центнер купăста, 110 центнер хăяр, 135 центнер помидор, 85 центнер сухан, 120 центнер кишĕр, 130 центнер хĕрлĕ кăшман туса илмелле. Эпир ку тĕлĕшпе мухтанма пултаратпăр. Пирĕн колхозри пахча çимĕç культурисен тухăçлăхĕ постановленире кăтартниичен чылай иртсе кайнă. Анчах та тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларасси пирĕн йăла мар. Эпир ситес çул кăçалхинчен те ытларах пахча çимĕç туса илме пултатпăр.

Мĕнрен килет-ха Иван Никифорович Сандыркин юлташ ертсе пыракан бригади членĕсем пысăк тухăçлă пахча çимĕç туса илни?

— Акă мĕнре унăн сăлтавĕ,—тет опытлă пахчаçă Иван Никифорович.—Эпир пур ĕçсене те малта пыракан агротехника наукин тăрăх туса пыратпăр, пахча çимĕçсене тăватшар тĕмĕн лартатпăр, яланах сортлă вăрăх хатĕрлетпĕр, вĕсене малтан шăтарса пăхса тĕрĕслетпĕр. Кунсăр пуçне, вырăнти тата минераллă удобренисемпе анлăн усă куратпăр.

Малта пыракан агротехника правилисемпе усă курса, бригада членĕсем иртерех пухса çитĕнекен пахча çимĕç туса илме те вĕренчĕç. Сăмахран, кăçал 0,45 гектар çинчен иртерех пулса çитĕнекен купăста туса илнĕ, ăна июнь уйăхĕн малтанхи кунĕсенчех сутма пуçланă. Çавăн пекех помидорпа хăяр та çак уйăхрах ĕлкĕрнĕ.

Пахча çимĕç бригадинче пурĕ 31 çын. Вĕсенчен кашниех хăйĕн ĕçне лайăх пĕлсе тăрать, уншăн ответ тытать.

— Иван мучи патĕнче пули-пулми ĕçлеймĕн,—теççĕ бригада членĕсем.—Кашни шăтса тухнă е лартнă çимĕçе вăл хăй тĕрĕслет.

И. Сандыркин юлташа пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тунăшăн Чăваш АССР-ĕ 30 çул тултарнă ятпа «Знак почета» орден парса наградăланă. Вăл 1950 çултанпа парти ретĕнче тăрать.

Иван Никифорович бригада членĕсене вĕрентес тесе те сахал мар ĕçлет. Бригадăри колхозниксенчен чылайăшĕ чăн-чăнах пахча çимĕç ăстисем пулса тăчĕç. В. Назаров, З. Воробьева, М. Еливанова, Т. Убасева тата ыттисем те 1947 çултанпах çак бригадăра ĕçлеççĕ. Вĕсем сичĕ çул хушшинче тухăçлă пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе пайтах паха опыт тунчĕç.

Бригада членĕсем пахча çимĕçсем çинчен çырнă кĕнекесене, хаçатсенчи статьясене тăтăшах вуласа тăраççĕ, пахча çимĕç туса илмелли çĕнĕ меслетсене вĕренеççĕ. Вĕсем «Сад и огород» ятлă журнала кăна 3 экземпляр çырăнса илнĕ.

Иван Никифорович тата бригада членĕсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленине хавхаланса, малашнехи пысăк ĕмĕтпе пурăнаççĕ. Вĕсем ситес çул пахча çимĕç туса илмелли ĕçсене механизацилеме палăртнă. Кунсăр пуçне, 1954 çулта пахча йĕри-тавра йывăççем лартаççĕ, пахча варрине кÿлĕ чавса, унта пулă ĕрчетме ĕмĕтленеççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ,
И. МЕШКОВ.

«Красное знамя» колхоз,
Чкаловски районĕ.

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

## *Октябрĕн 16-мĕшĕнчи каçхи лару*

ВЕНА, октябрĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Каçхи ларура Гутьеррес (Гватемала) председатель пулса ертсе пычĕ. Вăл Нигерири ĕççыннисен представительне Мамани Абдулае сăмах парать. Мамани Абдулае çак çĕршыври рабочисен йывăр пурнăçĕ çинчен каласа парать. Колонилле ытти çĕршывсенчи пекех, колони администрацийĕ пулăшса тăнипе, Нигерири хуçасем рабочисен ахаль те пĕчĕк ĕç укçине тăтăшах чакарса пыраççĕ. Налогсем, халăха кирлĕ таварсен хакĕсем ÿсеççĕ. Çынна пурăнма кунне сахалтан та 500 франк кирлĕ пулсан, Нигерире рабочисем секет пуçне пурĕ те 6 франк кăна ĕçлесе илеççĕ. Промышленноçра, транспортра, суту-илÿре расăсене шута хуман принцип пуç пулса тăрать. Африка çыннисем хăйсен ĕçĕнче пысăк опыт тупнă пулсан та Нигерие тин кăна килсе çитнĕ шурă ÿтлĕ çынсенчен икĕ хут сахалтарах ĕç укçи илеççĕ. Медицина пулăшăвĕ сукпа пĕрех. Икĕ миллион çык валли икĕ больница кăна пур.

Репрессисем вăйлă пулсан та Нигерири ĕççыннисем пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, колони пусмăрĕнчен ирĕке тухассишĕн паттăррăн кĕрешеççĕ.

Абдулае колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенчи халăхсен делегачĕсене Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçме чĕнчĕ.

Ун хыççăн Мексикăри ĕççыннисен конфедерацине кĕрекен профсоюзсен делегачĕ рабочи-металлург Камило Чавес тухса калачĕ. Вăл çапла калачĕ: Мексикăри ĕççыннисем умĕнче тăракан вăраха ямасăр татса памалли задачăсенчен пĕри вăл рабочисен юхăмĕ лайăхланса тăнине пĕтерессн пулать.

Камило Чавес Мексикăри профсоюзсен рядовой членĕсемпе ялхуçалăх рабочийĕсем пĕрле кĕрешни çинчен, пĕрлĕх туса хурас тĕлĕшпе малтанхи ăнăçлă утăмсем туни çинчен каласа пачĕ.

Мексикăри рабочисемпе хресченсен союзĕн тĕнчери ыйтусем енĕпе ĕçлекен секретарĕ Гарсиа Морено çапла калачĕ: Мексика делегацийĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Ди Витторио тунă доклада тата докладра палартнă профсоюзсен кĕрешĕвĕн стратегилле тата тактикăлла çул-йĕрне пĕтĕмĕшпех ырлать.

Вăл çапла калачĕ: Мексикăри рабочисемпе хресченсен союзĕ хăйĕн ĕçĕнче тунă йăнăшсене пĕтерсе, аслă тĕллев патне—мирпĕн, çăкăршăн, никама пăхăнманлăхшăн кĕрешес ĕçре ĕççыннисен çирĕп пĕрлĕхне туса хурасси патне шанчăклăн пырать.

Гондурасри банан плантацийĕсенче ĕçлекен рабочисен делегачĕ Альфредо Сандовал çак çĕршыври рабочи класăн нимĕнле демократилле тата профсоюзла правасем те çукки çинчен каласа пачĕ. Рабочисене хытă хĕсĕрлеççĕ. Вăл çавăн пекех çĕршывра Америкăн «Юнайтед фрут компани» пуç пулса тăни çинчен аса илтерчĕ. Çак компани Гондурасри промышленноçăн мĕнпур отраслĕсене тĕрĕслесе тăрать.

Пирĕн çĕршывра, терĕ Сандовал, рабочи класс тÿсме çук йывăр условисенче пурăнать. Ĕç çинчен калакан нимĕнле закон та çук. Рабочисен забастовка тума тата организацисене пĕрлешме право çук. Вĕсене социальнăй обеспечени енĕпе нимĕнле пулăшу та памаççĕ. Ĕçе хÿтĕлесе тăрас йĕрке çук. Рабочисенчен 60 проценчĕ сарă сивчир, туберкулез чирĕсенчен, производствăра сиен куриничен вилет.

Кувейтри ĕççыннисен представителĕ Ашраф Камель çĕршывра хуçа пулса тăракан Англипе Америка нефть компанийĕсем рабочисене хаяррăн эксплуатацилени çинчен каласа парать.

Ĕç укçи, тет вăл, хура çăкăрпа ĕçмелли шыв илме те аран-аран кăна çитет. Рабочин ĕç укçи çурри ытла хваттершĕн тÿлеме тухать. Парăслă кимĕсем çинче ĕçлекен рабочисем çĕр каçа ĕçлеççĕ. Вĕсем çултăлăкне виçĕ уйăх кăна ĕçлеççĕ, ытти вăхăт хушшинче ĕç тупаймаççĕ.

Кувейтра нимĕнле социальнăй страховани, конституци, ĕçлеве хÿтĕлекен закон çук.

Кувейтри рабочисене хаяррăн эксплуатациленипе Англипе Америка империалисчĕсем пысăк услам илеççĕ. 1949 çултан пуçласа 1952 çула çитиччен капиталистсен усламĕ 3,5 хут ÿснĕ.

Хаклă юлташсем,—тет юлашкинчен Камель,—нумаях пулмасть туса хунă профсоюзсен учредительнăй комитечĕ мана профсоюзсен çак аслă конгресĕнче хăйĕн ячĕпе тухса калама тата ăна Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери мухтавлă федерацине илме ыйтма хушрĕ.

Коста-Рикăри ĕççыннисен конфедерацийĕн секретарĕ Комсало Степпа Кантильо хăйĕн сăмахĕнче çакна палăртать: Коста-Рикăра 245 шултра помещик 1.275 пин мензанас çĕр тытса тăрать. Çав вăхăтрах 12 пин хресчен пурĕ те 24 пин мензанасран каярах çĕр тытать. Кунсăр пуçне, ĕçлесе тăракан пĕтĕм çĕр лаптăкĕн виççĕмĕш пайне ытла «Юнайтед фрут компани» тытса тăрать. Кантильо çĕр помещиксем аллинче тăни Коста-Рика экономикин аталанăвне чарса тăнине палăртнă.

1953 çулхи март уйăхĕнче, терĕ Комсало Степпа Кантильо, Коста-Рикăри ĕççыннисен конфедерацине туса хунă. Унта независимăй профсоюзсем кĕнĕ. Эпир йывăр лару-тăрура тата хамăра хĕсĕрленине пăхмасăр профсоюзсен юхăмĕн пĕрлĕхне çирĕплетессишĕн кĕрешетпĕр.

Горнякĕсен профсоюзĕсен тĕнчери пĕрлешĕвĕн (Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн производствăлла пайĕ) Анри Тюрель сăмах илет. Вăл горняксен хăйсен прависене хÿтĕлессишĕн, пурнăçпа ĕçлев условийĕсене начарлатнине хирĕç кĕрешни çинчен каласа парать. Нумай капитализмла çĕршывсенче ĕçлеве хÿтĕлес ĕçе начах çителĕксĕр организациленĕ. Çакна пула ĕç вăхăтĕнче ăнсăртран сурансем нумай пулаççĕ. 1949 çултан пуçласа çак çĕршывсенче шахтăсенче взрывсем пулнипе 50 пин ытла рабочи пĕтнĕ. Сăрт-ту промышленноçĕнче ĕççĕрлĕх ÿссе пырать. Японире, США-ра, Францире тата ытти çĕршывсенче çĕрпер пин шахтерсене ĕç çухатасси хăратса тăрать.

Аргентинăри профсоюзсен представителĕ Орасио Сота çакна палăртнă: ĕççыннисен пĕтĕмĕшле интересĕсем вĕсен шухăшĕсем тĕрлĕрен пулнинчен çÿлерех тăраççĕ, рабочи класăн пĕрлĕхĕ кăна вĕсене çĕнтерÿ патне илсе çитерме пултарать.

Бельгири ĕççыннисен представителĕ Ван Ден Бон хăйĕн сăмахĕнче Бельгири ĕççыннисен федерацийĕн тата христианла профсоюзсен конфедерацийĕн реакцилле руководителĕсен раскольникла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларнă. Вĕсем ĕççĕрлĕхе ÿстерес, социальнăй страховани енĕпе пособисем парассине чакарас, çĕршывран агрессилле Атлантика блокĕн бази туса хурас политикăна хÿтĕлесе тăраççĕ.

Строительсен, йывăç касакакан тата строительство материалĕсем тăвакан рабочисен профсоюзĕсен пĕтĕм тĕнчери пĕрлешĕвĕн (Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн производствăлла пайĕ) генеральнăй секретарĕ Аарне Сааринен хăйĕн сăмахĕнче çакна палăртнă: промышленноçăн çак отраслĕсенче ĕçлекен рабочисемшĕн кашни çĕршывра мирлĕ строительствăшăн кĕрешесси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Капитализмла тата колонилле çĕршывсенче çурт-йĕр çитменни ÿссе пырать, çав вăхăтрах цемент тата кирпĕч туса кăларакан промышленность чакать. Çакă вăл ĕççĕрлĕх ÿсесси патне илсе пырать.

Аргентинăри профсоюзсен делегачĕ Висенте Марисчи Ди Витторио докладĕнче каланă положенисене ырланине палăртать. Аргентинăри профсоюзсем, терĕ вăл, ĕççĕрлĕхе хирĕç активлă кĕрешеççĕ. 1949 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен Аргентинăра ĕççĕррисен шучĕ 9 хут ытла ÿснĕ.

Каçхи ларура юлашкинчен Вăтам Конго представителĕ Луи Тати тухса каланă.

## *Октябрĕн 17-мĕшĕнчи ирхи лару*

ВЕНА, октябрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхи ларура Ди Витторио докладне малалла сÿтсе явнă.

Председатель пулса ертсе пыракан Нина Попова (СССР) Голландири ĕççыннисен представительне Вессель Хартога сăмах парать. Вессель Хартог конгресс делегачĕсене Голландири пĕрлешнĕ профсоюзсен центрĕ ячĕпе саламлать. Голланди делегацийĕ, терĕ вăл, Ди Витторио ĕççыннисен профсоюз прависен хартине туса хатĕрлесси çинчен панă сĕнĕве йышăнать.

Индири ĕççыннисен представителĕ Данге, ĕççыннисен пĕрлĕхĕ çинче чарăнса тăрса, çапла каланă: кăçалхи июль тата сентябрь уйăхĕсенче Калькутта хулинче пулса иртнĕ забастовкăсем, Бурнпурти металлургсен забастовки, шахтерсемпе плантацисенче ĕçлекен рабочисен забастовкисем тĕрлĕ профсоюзсене кĕрекен ĕççыннисем кĕрешÿре пĕрлĕх туса хунине кăтартрĕç. Вăл забастовкăсем профсоюз юхăмĕнчи раскольниксем çак пĕрлĕхе аркатма пултарайманнине кăтартрĕç.

Данге малалла çакна палăртать: кĕрешÿри пĕрлĕх организацилле пĕрлĕх патне илсе çитермелле. Ку тĕлĕшпе Индире хăшпĕр çитĕнÿсем тунă ĕнтĕ. Хăйсен интересĕсемшĕн кĕрешсе, рабочи класпа профсоюзсем çавăн пекех тата пĕтĕм халăх интересĕсемшĕн кĕрешеççĕ, терĕ Данге.

Англи представителĕ Джак Лайден конгреса сăнакан çын вырăнне пынă. Вăл Англири ĕççыннисем тепĕр сăнакан вырăнне суйласа янă Махони сăмахне вуласа парать. Англи делегацийĕ, терĕ Махони сăмахĕнче, профсоюзсен официальнăй представителĕ пулса тăмасть. Пире хамăр предприятисенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем суйласа конгреса янă.

Вăрçа хатĕрленни, Англире Америкăн оккупаци çарĕсене тытса тăни ĕççыннисене пысăк йывăрлăх кÿрет. Англире ĕççыннисен пурнăç шайĕ тата социальнăй прависем çине вĕçĕмсĕр тапăнса пыраççĕ.

Англири рабочи класс çакăнпа килĕшесшĕн мар. Çĕршывра ĕç укçине ÿстерессишĕн вăйлă кĕрешÿ пуçланнă. Çак кĕрешĕве 6 миллион ытла рабочи хутшăннă.

Англири рабочисем хĕвелтухăçĕпе суту-илÿ туни Англи экономикишĕн мĕн пек пысăк вырăн йышăнса тăнине ытларах та ытларах ăнланса çитеççĕ.

Англири тред-юнионсен реакцилле лидерĕсем профсоюзсен юхăмне аркатма тăрăшаççĕ пулсан та, Англире рабочи класăн пĕрлĕхĕшĕн кĕрешÿ вăйланса пырать. Тĕрлĕ профсоюз организацийĕсем капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисен ĕç укçине чакарнине тата пурнăç условийĕсене начарлатнине хирĕç кĕрешес ĕçре Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕпе Ирĕклĕ профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конфедерацийĕ хушшинче пĕрлĕх туса хурассишĕн кĕрешеççĕ.

Великобританире ĕçсем хальхи пек пулса тăнă лару-тăрура пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен юхăмĕнче пĕрлĕх пулни Англири рабочисене нихăш çĕршыври рабочисенчен те ытларах кирлĕ.

Ирхи ларура çавăн пекех Колумбири ĕççыннисен независимăй конфедерацийĕн представителĕ пастор Перес, Миланри ĕçлев палатин секретарĕ Монтаньяно (Итали), Францири ĕçлев конфедерацийĕн представителĕ Ле Кер, Женеврăри металл промышленноçĕпе сехет промышленноçĕнчи рабочисен федерацийĕн представителĕ Джагги (Швейцари), Канадăри электриксен пĕрлешнĕ профсоюзĕн председателĕ Джэксон тухса каланă.

Ирхи ларура Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ Тунис ыйтăвĕ тăрăх чĕнÿ йышăннă. Çак чĕнÿре конгресс делегачĕсем Франци правительстви Тунисра тытса пыракан пусмăр политикине хирĕç протестлени çинчен пĕлтернĕ.

## *Октябрĕн 18-мĕшĕнчи ирхи лару*

ВЕНА, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕн паян пулнă ирхи ларăвĕнче Ди Витторио докладне малалла сÿтсе явнă.

Ирĕклĕ Триест Территорийĕнчи пĕрлехлĕ профсоюзсен конфедерацийĕн представителĕ Эмилио Симилли Триестри ĕççыннисен йывăр пурнăçĕ çинчен каласа панă. «Б» зонăри ĕççыннисен нимĕнле демократилле ирĕклĕхсем те çук. «А» зонăна Англипе Америка империалисчĕсем çар бази вырăнне усă кураççĕ. 105 пин рабочирен 20 пин рабочи ĕççĕр пурăнать. Профсоюзсен юхăмне икĕ пая уйăрса янă. Çĕршывра çар управленийĕ туса хунă пирки профсоюзсем нимĕн те тума пултараймаççĕ. Çар управленийĕ колони режимĕнчен нимĕнпе те уйрăлса тăмасть.

США-па Англи правительстисен Триест тĕлĕшпе йышăннă решени Триест халăхĕн тĕп пайĕн интересĕсене хирĕç пырать. ООН-а пĕлтерессĕр йышăннă çак решени 21 государство алă пуса Италипе тунă мирлĕ договора хирĕç пырать.

Эмилио Симилли хыççăн Бразили делегачĕ Элои Альваресу Собрино, Камерунри профсоюзсен пĕрлешĕвĕн генеральнăй секретарĕ Н'Гом, Уругвайри ĕççыннисен союзĕн генеральнăй секретарĕ Энрике Пасторинно тата ыттисем те тухса каланă.

Ирхи ларăвăн вĕçĕнче Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Ди Витторио юлашки сăмах каланă. Вăл çакна палăртнă: хăйĕн доклачĕ тăрăх пулса иртнĕ дискусси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Конгресс делегачĕсем докладра кăларса тăратнă виçĕ положенипе килĕшеççĕ. Вĕсем çаксем пулаççĕ: экономика енĕпе прогресс тума тата ĕççынни массисен пурнăçне лайăхлатма пуçарулăх пулни кирлĕ; наци никама пăхăнманлăхĕшĕн колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенчи профсоюзсен кăна мар, США-на пăхăнса тăракан капитализмла çĕршывсенчи профсоюзсен те кĕрешмелле; профсоюзсен демократилле правасемпе ирĕклĕхсене хÿтĕлессишĕн кĕрешмелле.

Малалла Ди Витторио уйрăм делегатсемпе сăнакансен сăмахĕсем çинче чарăнса тăнă. Британи Гвианинчи ĕççыннисен представителĕнчи тухса калани çинче чарăнса тăрса, вăл Англи влаçĕсем Британи Гвианинче тăвакан репрессилле ĕçсене сивлерĕ. Ди Витторио конгреса çакнашкал ĕçсене хирĕç татăклă протест тума тата Британи Гвиани халăхĕпе хăй пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерме сĕннĕ.

Колонилле тата çурма колонилле çĕршывсенче наци ирĕклĕхшĕн пыракан юхăм ÿснине палăртса, Ди Витторио çапла каланă: Совет Союзĕ мĕнпур çĕршывсенчи халăхсемшĕн, капитализм пусмăрĕнче асапланакан халăхсемшĕн çутă малашлăхшăн кĕрешес ĕçре хавхалантарса тăракан тĕслĕх пулать. Çак сăмахсене делегатсем тăвăллăн алă çупса ырланă.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ экономикăлла ыйтусем тĕлĕшпе тытакан çул-йĕр колонилле çĕршывсемшĕн те, аталаннă капитализмлă çĕршывсемшĕн те пĕр пекех кирлĕ çул-йĕр пулса тăрать. Çакна тĕрлĕ çĕршывсенчи халăхсен кĕрешĕвĕ кăтартать.

Ди Витторио Италири ĕççыннисем демократилле правасемшĕн, хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн кĕрешсе пухнă опыт çинче тĕплĕн чарăнса тăнă.

Юлашкинчен Ди Витторио çакна шанса каланă: Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ ĕççынни массисем эксплуатацие чухăнлăха хирĕç кĕрешессине тата çÿлерех пусăма çĕклĕ.

# Совет çар карапĕсем Констанца портне пырса çитнĕ

КОНСТАНЦА, октябрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Румыни правительстви чĕннипе Констанца портне официальнăй йĕркепе совет çар карапĕсен отрячĕ пырса çитнĕ. Отряда вице-адмирал В. А. Пархоменко ертсе пырать. Констанца патне пырса çитеспе совет карапĕсен отрядне Румыни тинĕс-çар флочĕн икĕ эскадра миноносецĕ кĕтсе илнĕ. Нацисен ячĕпе тупăсенчен 21 хут персе салют панă хыççăн карапсем Констанца портне пырса чарăннă.

Констанца портне пырса çитнĕ хыççăн вице-адмирал Пархоменко, офицерсен ушкăнĕпе пĕрле, Румыни тинĕс-çар флочĕн командующийĕ патĕнче, ун хыççăн Констанца хулин вырăнти влаçĕсем патĕнче пулнă.

Пирĕн карапсем пырса çитнĕ ята хулана уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Çуртсем çинче совет ялавĕсемпе Румыни ялавĕсем вĕлкĕшсе тăраççĕ. Курăнакан вырăнсенче совет морякĕсене саламласа çырнă транспарантсем çакса хунă.

Октябрĕн 16-мĕшĕнче Румыни тинĕс-çар флочĕн командующийĕ, офицерсен ушкăнĕпе пĕрле, пирĕн карапсем çине пырса кайнă. Çав кунах пирĕн морякĕсен патĕнче хула влаçĕн представителĕсем пулнă. Карапсенчен пĕрни çинче хăнасем ячĕпе апатлану ирттернĕ. Апатлану туслă иртнĕ.

Констанца хулинче совет морякĕсем хулари ĕççыннисене пултарулăх концерчĕ кăтартнă. Крейсер çинче пирĕн морякĕсем валли Румыни çарĕн юрăпа ташă ансамблĕ концерт панă.

Октябрĕн 16-мĕшĕнче совет морякĕсен делегацийĕ Констанца хулинче Румынине фашистла оккупантсенчен ирĕке кăларассишĕн çапăçса вилнĕ совет воинĕсен вилтăпри çине чечек кăшăлĕсем хунă. Чечек кăшăлĕсем хунă чухне митинг пулса иртнĕ. Митингра хулари ĕççыннисем 10 пин çынна яхăн, Румыни тинĕс-çар флочĕн командованийĕ, вырăнти влаçсен представителĕсем пулнă.

Совет морякĕсем Констанца портне пырса çитни совет халăхĕпе Румыни халăхĕ хушшинчи туслăха кăтартакан демонстраци пулса тăнă. Совет морякĕсем Констанцăра тата темиçе кун пулаççĕ.

# Совет çар морякĕсем Румынире

БУХАРЕСТ, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Хальхи вăхăтра Констанцăра совет çар карапĕсем тăраççĕ. Совет çар морякĕсене ăшшăн йышăнса илнĕ.

Ĕнер Констанца хулинче Румыни Халăх Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсен министрĕн заместителĕ генерал-лейтенант Н. Чаушеску йышăну туса ирттернĕ. Йышăнура совет морякĕсем, вице-адмирал В. Пархоменко юлташпа пĕрле, Румыни Халăх Республикин тинĕс-çар флочĕн командованийĕпе хĕçпăшаллă вăйĕсен офицерĕсем, хулари обществăлла организацисен представителĕсем пулнă.

Паян совет çар морякĕсен ушкăнĕ, вице-адмирал В. А. Пархоменко юлташпа пĕрле, Бухареста пырса çитнĕ. Вĕсем Румыни столицине курса çÿренĕ, «Румыни Халăх Республикин планлă хуçалăхĕ çĕкленсе пынине кăтартакан» выставкăра пулнă. Кăнтăрла совет çар морякĕсене Румыни Халăх Республикин Хĕçпăшаллă Вăйĕсен Министрĕ Э. Боднараш йышăннă.

Совет çар морякĕсене пур çĕрте те хаклă хăнасем вырăнне хурса йышăнаççĕ. Румыни общественноçĕ совет морякĕсемпе тĕл пулни Румыни халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи çирĕп туслăха кăтартса парать.

# Совет морякĕсем Варшавăра

ВАРШАВА, октябрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри пичет агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Государство совечĕн председателĕ А. Завадский Варшавăна пырса çитнĕ совет çар морякĕсене йышăннă. Йышăнура Государство совечĕн членĕсем, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем, правительство членĕсем, Польша Халăх çарĕн генералĕсем, ĕçре малта пыракансем, çавăн пекех ССР Союзĕн Польшăри Посолĕ Г. М. Попов пулнă.

Йышăну ăшшăн та туслăн иртнĕ.

# Совет çар карапĕсем Гдыня портĕнчен тухса кайнă

ГДЫНЯ, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Гдыня портĕнчен совет çар карапĕсене савăнăçлăн ăсатса янă.

Совет çар карапĕсене ăсатма порта Гданьск воеводствин халăх радин председателĕ Б. Герага, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн воевода комитечĕн секретарĕ Я. Труш, Совет Союзĕн Гданьскри консулĕ М. Потапов, çавăн пекех Польша тинĕс-çар флочĕн командованийĕн представителĕсем пынă.

Совет çар карапĕсене тинĕсе тухиччен Польша эсминецĕ «Блыскавица» ăсатса янă.

Совет çар морякĕсен Польша Халăх Республикинче пулни Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха кăтартакан демонстраци пулса тăнă.

# Албанире артиллери кунне ирттернĕ

ТИРАНА, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Албанири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Паян Албани халăхĕ савăнăçлăн артиллери кунне палăртать. Хаçатсем халăх оборонин министрĕ генерал-майор Б. Балуку кăларнă приказа пичетлесе кăларнă тата çак куна палăртса статьясем пичетленĕ.

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ ячĕпе

### Венăри ĕççыннисен демонстрацийĕ

ВЕНА, октябрĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Венăра Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ ячĕпе Австрири ĕççыннисен демонстрацийĕ пулса иртнĕ.

Кăнтăрла иртсен 3 сехетре Сталин площачĕ патне хĕрлĕ ялавсемпе транспарантсем йăтнă демонстрантсен колоннисем пуханма пуçланă. Сталин площадĕнчен демонстрантсем парламент çуртĕ патне кайнă. Кунта трибунăсем çинчен демонстрантсене рабочисен пĕтĕм тĕнчери юхăмĕн руководителĕсем Ди Витторио, Н. М. Шверник, Лю Нин-и, Ломбарди Толедано, Германири, Корейăри, Вьетнамри, Чехословакири, Венгрири, Индири профсоюзсен руководителĕсем, Латинла Америкăри, Хура Африкăри, Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен делегачĕсем саламланă.

Вена хулинчи Флоридсдорф, Штадлау, Меллинг районĕсенчи рабочисен колоннисем пĕрин хыççăн тепри иртсе пыраççĕ. Металлистсем, машиностроительсем, чугун çул работникĕсем, трамвай работникĕсем иртеççĕ. Хĕрарăмсем хăйсен ачисемпе, стариксемпе çамрăксем иртеççĕ. Демонстрантсем йăтса пыракан хĕрлĕ пуставсем çинче пĕтĕм тĕнчери рабочи класăн представителĕсене — Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн делегачĕсене саламласа çырнă. Транспарантсем çине Австрири ĕççыннисен ыйтăвĕсене çырса хунă:—«Пĕрлĕх, ĕçлев, мир!», «Ĕç укçинчен çар налогĕ илессине пĕтермелле!», «Çамрăксене ĕç памалла!», «Тавар хакĕсене ÿстерме чарăнăр!», «Çар строительстви тĕп пултăр!», «Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăçĕ хушшинчи суту-илĕве вăйлатмалла!»

Демонстраци икĕ сехет хушши ытла пынă. Вăл Венăри ĕççыннисем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн — пĕрлĕх конгресĕн—лозунгĕсене чĕререн ырласа йышăннине кăтартса панă.

# Сталинград çинчен выставка уçнă

СТОКГОЛЬМ, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Стокгольм хулинче Швеципе СССР хушшинчи туслăх обществи пуçарнипе Сталинграда тепĕр хут çĕнетнине тата хула-геройри халăхăн ĕçри пурнăçне кăтартакан выставка организациленĕ.

Выставкăна уçнă çĕрте ССР Союзĕн Швецири вăхăтлăх повереннăйĕ П. К. Ермошкин, халăх демократи çĕршывĕсен дипломатилле представителĕсем, Швецири общественноçăн нумай йышлă представителĕсем пулнă. Выставкăна курма пынă çынсем «Сталинградская битва» кинофильма питĕ интересленсе пăхнă.

### ТĔНЧЕРИ ШАХМАТ ТУРНИРĔНЧЕ

ЦЮРИХ, октябрĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнчери шахмат турнирĕнче 27-мĕш вăйă хыççăн Смыслов малта пырать. Вăл 16,5 очко выляса илнĕ. Решевский—14,5 очко, Бронштейн—14,5 очко выляса илнĕ. Анчах Бронштейн Решевскинчен пĕр парти ытларах вылянă. Керес 14 очко илнĕ.

# Сĕнтĕрвăрри хулипе районĕнче

✦ **Кашни ниите сад пулать.** «Путь к коммунизму» колхоз членĕсем кил сумĕнче сад ĕрчетме тытăнчĕç. Колхозниксем ыйтнипе колхоз правленийĕ 1.000 тĕпе яхăн улмуççи кÿрсе килчĕ. Кашни колхозник 5—10 улмуççи лартрĕ. Районти чылай колхозсенче йывăçсем лартаççĕ. Вĕсене вăрман хуçалăхĕн питомникĕ пысăк пулăшу парать, вăл нумай пин улмуççи, хурлăхан тата ытти улма-çырла йывăççисем çитĕнтерне.

✦ **Хăмларан пысăк тупăш.** «Коммунизм» колхоз государствăна хăмла парса 60 пин тенкĕ ытла укça илчĕ. Ку вăл иртнĕ çулхинчен виçĕ хута яхăн ытларах шутланать. Хăмла ĕрчетсе илекен тупăш «Молния», «Дружба» тата ытти колхозсенче те çулсеренех ÿссе пырать.

✦ **Ялхуçалăх валли кадрсем.** Ялхуçалăх техникумĕ колхозсенче ĕçлеме специалистсем нумай вĕрентсе хатĕрлет. Кăçал техникум çĕршыва 22 землеустроитель, 15 гидротехник, 75 гидромелиоратор панă. 1953—1954 вĕренÿ çулĕнче техникумра 350 çын вĕренет.

✦ **Производствăна механизацилени.** Ивановăри кирпĕч заводĕнче производствăна механизацилес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тăваççĕ. Кăçал тăм кăларнă çĕрте экскаватор, тăм турттарнă çĕрте мотовоз ĕçлеме тытăннă. Завод тепĕр экскаваторпа мотовоз илет. Кирпĕч турттаракан конвейер тума палăртнă. Çаксем завод хăватне ÿстереççĕ, завод çĕнĕ стройкăсене кирпĕч ытларах пама пуçлать.

Заводра ĕçлекенсен пурнăçне лайăхлатма укça нумай хываççĕ. Клубпа магазин валли çуртсем, пурăнмалли çуртсем 8 тумалла.

✦ **Хулари строительство.** Кăçал хулана юсаса илемлетес енĕпе нумай ĕçсем туса ирттереççĕ. Урамсенче йывăçсем нумай лартнă, пĕр урама чул сарнă. Çывăх вăхăтрах культура таварĕсем сутмалли магазин, пекарня, судоверфьри рабочисем валли общежити туса пĕтереççĕ. Çитес çулта ялхуçалăх техникумĕ валли темиçе хутлă çурт, пурăнмалли 12 хваттерлĕ тата 9 стандартлă çуртсем тумалла.

✦ **Медицина пулăшăвĕ парасси лайăхланать.** Хулари халăха медицина енĕпе пулăшассине участоксем тăрăх йĕркеленĕ. Нумай пулмасть районти больницăна санитарнăй машина илсе килнĕ, унпа чирлĕ çынсене пулăшма çÿреççĕ.

# Улма-çырла эрехĕсем

Шупашкарти «Ростлаввино» трестĕн коллективĕ продукци туса кăларассине ÿстернипе пĕрлех, ассортиментне нумайлатас тĕлĕшпе те тăрăшса ĕçлет. Сичĕ йышши хĕрлĕ эрех туса кăлармалла пулсан, халĕ 15 тĕрлĕ эрех туса кăларассĕ. Юлашки вăхăтра крыжовникрĕн эрехсем тума тытăннă.

Эрех тума улма-çырла вырăнтах нумай хатĕрленĕ. Трест кăçал хăйĕн сад пахчинчен 500 центнер панулми пухса кĕртме палăртнă. Лайăх пăхнине пула садран пысăк тухăç илнĕ, 1041 центнер панулми пухса кĕртнĕ.

# ПĔЛТЕРНИ

Октябрĕн 20-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче хулари пропагандистсем валли лекци пулать: Тема: «Пропагандист заняти ирттерме хатĕрленесси. Литература тăрăх вĕренесси, материалсем тупса хатĕрлесси, темăна творчествăлла пăхса тухасси».

Лектор—К. П. Васякова юлташ.

* * *

Октябрĕн 21-мĕшĕнче, 19 сехетре, Советсен çуртĕн пысăк залĕнче пропагандистсемпе консультантсем, докладчиксемпе агитаторсем валли лекци пулать. Тема: «КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем».

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — октябрĕн 20-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Виçĕ туй».

Спектакль каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланать. Касса кăнтăрла иртсен 4 сехетре уçăлать.

### КИНО

«УДАРНИК»—октябрĕн 20-мĕшĕнче илемлĕ фильм «Анна пролетарка». Сеансем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м.




РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-93, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09012 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2335. Тираж 20.000 экз.